ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Январь
21
юнкун
№ 14 (8923)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

Паян Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе 29 çул çитет.

Ленинизм—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешмелли ялавĕ.

Ленин ялавĕпе, Сталин юлташ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!



# Тăван çĕршыв Ленин кунĕсене паллă тăвать

## Ленин мавзолейĕ

Кремль стенисене тата стена çумĕнче лартса ÿстернĕ чăрăшсене шурă юр витнĕ. Кремль башнисем çинчи çăлтăрсем йăлтăртатса тăраççĕ. Кремль стенисем урлă, СССР Министрĕсен Совечĕн çурчĕ çинче социализм çĕршывĕн государство ялавĕ вĕлкĕшет.

Хĕрлĕ площадь варринче, авалхи Кремль стени çывăхĕнче, совет халăхĕпе пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх хисеплекен вырăн—гранитран тунă мавзолей вырнаçнă. Мавзолея кĕнĕ çĕрте, йăлтăртатса тăракан хитре чул çине: Ленин, тесе çырса хунă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тата тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государствăн никĕсне хывнă, миллионшар совет çыннисемпе пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи ĕççыннисен чĕринче ĕмĕрех пурăнакан Владимир Ильич Ленин ÿтне çак мавзолея хунăранпа 29 çул çитет. Мавзолейра этемлĕхĕн асларан та аслă генийĕн Владимир Ильич Ленинăн ÿтне хунă тупăк ларать.

Совет халăхĕ Владимир Ильичăн хаклă ятне ĕмĕрех чĕрере усрать. Кунта, Ленин мавзолейне, Мускавра пурăнакансем тата аслă Тăван çĕршыври тĕрлĕ вырăнсенчен столицăна килнĕ çынсем пиншерĕн-пиншерĕн кĕрсе кураççĕ. Аслă çулпуç мавзолейне кĕрсе курма пынă çынсен пысăк ушкăнĕнче Донбасри шахтерсене, Узбекистанра çĕр мамăкĕ ÿстерекенсене, Украинăри комбайнерсене, Куйбышеври гидроэлектростанци тата Туркменири тĕп канал строителĕсене курма пулать. Мавзолея кĕрсе курма пынă çынсен вырăсла, украинла, белорусла, грузинла, армянла, таджикла, казахла, киргизла тата ытти халăхсен чĕлхипе—хамăрăн аслă çĕршывра пурăнакан халăхсен чĕлхипе калаçаççĕ.

...Мавзолейăн анлă алăкĕсене уçса хунă. Алăк умĕнче часовойсем хускалмасăр тăраççĕ. Ĕççыннисем мавзолея шăппăн, чунтан-чĕререн хумханса кĕреççĕ. Вĕсем гранитран тунă пусма тăрăх анса, хрустальрен тунă тупăк патне пыраççĕ, унта—Ленин ÿтне хунă. Кашниех хулленрех утса чунтан-чĕререн юратакан тăван Ильичăн сăнне ĕмĕрлĕхех астуса юлма шутлать.

Совет çыннисемпе пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем аслă Ленина вĕçĕмсĕр юратаççĕ. В. И. Ленин мавзолейĕ уçăлнăранпа кунта 32,5 миллион çын кĕрсе курнă. Иртнĕ çулта В. И. Ленин тупăкĕ умне урăх çĕршывсенчен килнĕ ĕççыннисен 50 делегацийĕ чечек çыххисем хунă. (ТАСС).

## ГОРКĂРИ ÇУРТ

...Каширски шоссе патĕнчен, икĕ айккипе чăрăш, çăка тата хурăн лартса ÿстернĕ аллея тăрăх, тахçанах туса лартнă çурт патне пыратăн. Çурт тавра çĕр çул ытла ÿсnĕ йывăççем. Таврара шăп. Владимир Ильич Ленин хăйĕн юлашки çулĕсене пурăнса ирттернĕ çурта кĕнĕ чухне çынсем чунтан-чĕререн хумханаççĕ.

Музей çуртĕнче пурте Ленин пурăннă чухнехи пекех сыхланса тăрать. Çак кунсенче музея курма пыракансем уйрăмах нумай. Кунти кашни япала, кашни пÿлĕм В. И. Ленинăн нихçан манмалла мар сăнарне астутараççĕ.

Пысăк сĕтел. Ку сĕтел хушшинче Владимир Ильич «Пролетарская революция и ренегат Каутский» ятлă произведени çырнă. Çак кĕнекери кашни йĕрке революцие сутакансене тăрă шыв çине кăларма вĕрентет, тăванла Компартисене мĕнпур тĕрлĕ оппортунистсене хирĕç кĕрешме пулăшать.

1918—1920 çулсенче Ленин Горкăри пĕчĕк çуртра, пысăк мар пÿлĕмре вырнаçнă. Çав пÿлĕмпе юнашар, кăшт пысăкрах пÿлĕмре Надежда Константиновна Крупская пурăннă. Ун чухне çĕршывра топливо çителĕксĕр пулнă, çавăнпа Халăх Комиссарĕсен Совечĕн Председателĕ хăйне валли пысăк çурт хутса ăшăтма хушман.

Владимир Ильич çынсем çине калама çук пысăк сисĕмлĕхпе пăхнă. Эсерка Каплан усал шухăшпа В. И. Ленина персе амантсан, унăн сывлăхĕ мĕнле пулнине пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем сăнаса тăнă. 1918 çулхи сентябрĕн 18-мĕшĕнче бюллетень пичетлесе кăларнă: «Температура виçеллĕ, пульс лайăх... Владимир Ильича ĕçлеме ирĕк панă». Аяларах Ленин çапла çырса хунă: «Çак бюллетень тăрăх тата эпĕ хама лайăх туйнă май шăнкăртаттарса тата ыйтусем парса врачсене чăрмантармалла мар тума тархасласа ыйтатăп».

Курма пыракансем Владимир Ильич Горкăра Сталин юлташпа пĕрле тата Максим Горькипе пĕрле сăн ÿкернĕ балкона хумханса пăхаççĕ. Кунта Владимир Ильич каннă чухне ларнă хăваран тунă пукан пур.

В. И. Ленин çĕршыва электрификацилемелли план—ГОЭЛРО планĕ çинчен нумай шухăшласа, ăна тĕплĕ туса хатĕрленĕ. Кунта эпир Сталин юлташ çырăвне куратпăр, вăл Ленин планне хĕрÿллĕн ырласа çырнă. Халĕ ĕнтĕ пирĕн çĕршыв Сталин юлташ ертсе пынипе çĕршыва электрификацилемелли ленинла плана пурнăçлас тĕлĕшпе нумай малалла кайнă.

Музейра Ленин каланă сăмахсене çырса илнĕ пластинкăсем пур. «Что такое Советская власть?» ятлă сăмаха музея пынă çынсем пысăк тимлĕхпе итлеççĕ.

В. И. Ленин кабинечĕпе юнашар тепĕр пÿлĕм пур. Çак пÿлĕм чÿречисем витĕр вырăс çĕрĕнчи илемлĕ уй-хирсемпе вăрмансем курăнаççĕ. Владимир Ильич, çак чÿрече умĕнче ларса, Надежда Константиновна вуласа панине итленĕ. Чи юлашки вăхăтра Владимир Ильич М. Горький çырнă «Мои университеты» тата Джек Лондон çырнă «Любовь к жизни» ятлă произведенисене вуланă. Вĕсем унăн юратнă произведенийĕсем пулнă. Çак пÿлĕмре 1924 çулхи январĕн 21-мĕшĕнче каçхине 6 сехет те 50 минутра Ильичăн хĕрÿллĕ чĕри тапма чарăннă.

Горкăри музей çуртне хамăр çĕршыври тата пĕтĕм тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчен—Китайран, Индирен, Америкăран, Цейлонран, халăх демократи çĕршывĕсенчен килсе кураççĕ. Нумайăшĕ хăйсен шухăшĕсене кĕнеке çине çырса хăвараççĕ. Китайри писатель тата обществăллă деятель, миршĕн хĕрÿллĕ кĕрешекен Го Мо-жо çапла çырса хăварнă. «Аслă çын сывланине эпир пур çĕрте те, пĕтĕм планета çинче туйса тăратпăр тата илтсе пурăнатпăр». Вăл çак сăмахсемпе пите нумай çынсен шухăшĕсемпе кăмăлне палăртнă. (ТАСС).

## СССР Союзĕнче В. И. Ленин произведенийĕсене пичетлесе кăларни

Пирĕн çĕршыври миллионшар ĕç çыннисем марксизм-ленинизм классикĕсен генилле произведенийĕсене вĕренеççĕ. Пĕтĕм Союзри кĕнеке палати шута илнĕ тăрăх, СССР Союзĕнче Маркс, Энгельс Ленин, Сталин произведенийĕсене миллиард экземпляра яхăн, тĕрĕсрех каласан, 978.377 пин экземпляр, 101 халăх чĕлхипе пичетлесе кăларнă.

В. И. Ленин произведенийĕсене пичетлесе кăларасси çултан-çул ÿссе пырать. Унăн произведенийĕсене Совет Союзĕнче 5.685 хут пичетлесе кăларнă. 78 халăх чĕлхипе пичетлесе кăларнă çав произведенисен пĕтĕм тиражĕ 246.591 пин экземпляр шутланать.

Владимир Ильичăн нумай произведенийĕсене уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларнă. «Империализм — капитализмăн чи çÿлти сыпăкĕ» ятлă произведение 170 хут, «Государство тата революци» ятлă произведение — 156 хут, «Мĕн тумалла?» ятлă произведение — 126 хут, «Социал-демократин демократиллĕ революцири икĕ тактики» ятлă произведение 117 хут пичетлесе кăларнă.

В. И. Ленинăн «Çамрăксен союзĕн задачисем» ятлă произведенийĕ пуринчен ытларах сарăлнă. Çак кĕнекене 64 халăх чĕлхипе пичетлесе кăларнă. Ăна 342 хут, пĕтĕмпе 13,5 миллион экземпляр пичетлесе кăларнă. (ТАСС).

# Аслă Ленинăн вилĕмсĕр идейисем

Совет Союзĕнчи халăхсемпе пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем паян Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тăваççĕ.

1924 çулхи январь уйăхĕн хурлăхлă кунĕсенче Сталин юлташ, халăхпа парти шухăшне палăртса, аслă çулпуç тупăкĕ умĕнче аслă тупа турĕ. Сталин юлташ Ленин ялавне çÿлте тытса пыма тата ленинизмăн аслă идейисен çĕнтерĕвĕшĕн вăя шеллемесĕр кĕрешме тупа турĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, Сталин юлташ ертсе пынипе, аслă Ленин хушса хăварнисене пурнăçласа, Ленин çулĕпе пĕр пăрăнмасăр малалла пырать.

«Ленин революцишĕн çуралнă çын пулнă. Вăл революциллĕ çĕкленÿсен чăн-чăн генийĕ тата революцие ертсе пырас ĕçĕн асларан та аслă мастерĕ пулнă» (Сталин). Владимир Ильич Ленин — Маркспа Энгельсăн чăн-чăн ученикĕ — çĕнĕ условисенче, империализм тата пролетариллĕ революцисен тапхăрĕнче марксизм теорине малалла генилле аталантарнă.

Ленин пролетариатăн аслă ĕçĕ çĕнтересse вĕçĕ-хĕррисĕр шанса, ĕненсе тăнă. Вăл хăйĕн пĕтĕм пурнăçне ĕççыннисене капитализм пусмăрĕнчен ирĕке кăларас, капиталистсемпе помещиксем пуç пулса тăрассине пĕтерес тата коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçе панă.

Ленинпа Сталин пролетариатăн чи хăватлă партине — большевиксен партине тата социализмлă пĕрремĕш государствăна туса хунă.

Аслă Ленин большевиксене революциллĕ теорипе тата программăпа хĕçпăшаллантарнă, большевиксен партийĕн революциллĕ стратегийĕпе тактикине никĕслесе панă. Ленин пирĕн партине идея енчен пĕрлĕхлĕ пулма, пролетариллĕ дисциплинăна çирĕп пăхăнса ĕçлеме тата мĕнпур тăшмансене хирĕç пĕр хĕрхенмесĕр кĕрешме воспитани панă.

Социализм уйрăм илнĕ пĕр çĕршывра çĕнтерме пултарасси çинчен калакан ленинла теорипе хĕçпăшаллanса, большевиксен партийĕ рабочи класа политикăллă власа кĕрешсе илсе ĕçре хăюллăн ертсе пычĕ, пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çĕнтерÿ турĕ.

Коммунистсен партийĕпе Сталин юлташ ертсе пынипе совет халăхĕ хăйĕн Тăван çĕршывне хăватлă индустриллĕ-колхозлă держава туса хучĕ, социализмлă общество туса çитерчĕ, коммунизм тума тытăнчĕ.

Çакă вăл çĕршыва индустриализацилемелли тата ялхуçалăхне коллективизацилемелли политикăна пурнăçланине пула пулма пултарчĕ. Ку политика пĕртен-пĕр тĕрĕс политика пулнине Совет Союзĕн Аслă Отечественнăй вăрçи питех те ĕнентерÿллĕн кăтартса пачĕ. Пирĕн Тăван çĕршыв вăрçăн йывăр тĕрĕслевне чăтăмлă тÿссе ирттерчĕ, вăрçăран татах та вăйланса, тĕреклĕнсе тухрĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçа çĕнтерÿпе вĕçленĕ хыççăн пирĕн çĕршыври ĕççыннисем халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантарас ĕçе хастарлă тытăнчĕç. Вăрçă хыççăнхи çулсем пирĕн социализмлă обществăпа государство стройĕн хăватлă вăйне çĕнĕрен кăтартса пачĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тата Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле произведенийĕ пирĕн çĕршывра коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешмелли конкретлă программа пулса тăраççĕ. Сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план социализмлă экономикăн мĕнпур отраслĕсене малалла аталантарма чаплă малашлăх уçса пачĕ. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарни социализмран коммунизм патне куçас çул çинче пысăк утăм туни пулса тăрать.

«Пирĕн саманара,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче, — Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин аслă вĕрентĕвĕ пĕтĕм этемлĕхшĕн тĕнчери цивилизаци аталанăвĕн çулне çутатса тăрать».

Аслă Ленинăн шанчăклă соратникĕпе ученикĕ Сталин юлташ марксистла-ленинла теорине малалла аталантарассишĕн ырми-канми тăрăшать. Марксистла теорие творчествăллă пуянлатса тата малалла аталантарса, Сталин юлташ партипе совет халăхне коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме идейăллă хĕçпăшалла парать.

Марксистла-ленинла теоришĕн, пирĕн практикăллă мĕнпур ĕçсемшĕн Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ пысăк вырăнта тăрать. Мĕнпур кадрсемпе коммунистсен çак генилле кĕнекене тимлĕн тата çине тăрса вĕренмелле.

Коммунизм тăвас задача партин пĕтĕм идеологиллĕ ĕçне вăйлатма, кадрсен идейăллă шайне ÿстерме, ĕççыннисене коммунистла воспитани парас ĕçе лайăхлатма хушать.

Совет халăхĕ Ленин ялавĕ айĕнче, Сталин юлташ ертсе пынипе тунă çĕнтерÿсем халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисене çĕнĕ пурнăçшăн кĕрешме хавхалантараççĕ. Коммунистсен тата рабочисен партийĕсем ертсе пынипе халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем, социализмшăн кĕрешсе, чылай çитĕнÿсем турĕç. Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Германи Республикинче те хуçалăхпа культура малалла вăйланса пыраççĕ. Совет государстви халĕ ĕнтĕ капитализмлă çĕршывсем хупăрласа тăракан пĕччен утрав пулса тămасть.

«Марксизм-ленинизм, — тесе вĕрентет Сталин юлташ,—çутçанталăкпа общество аталанăвĕн законĕсем çинчен вĕрентекен наука, пусмăрпа эксплуатацире пурăнакан массăсен революцийĕ çинчен вĕрентекен наука, мĕнпур çĕршывсенче социализм çĕнтересси çинчен вĕрентекен наука, коммунизм обществи тăвасси çинчен вĕрентекен наука». Марксизм-ленинизм идейисем капитализмлă çĕршывсенчи ĕççыннисене пусмăртан ирĕке тухмалли çула кăтартса тăраççĕ.

Владимир Ильич Ленин социализмлă государство ытти çĕршывсемпе мирлĕ пурăнасси çинчен пĕр хут мар каланă. Совет Союзĕ хăйĕн тулашри политикине пĕтĕм тĕнчере çирĕп мир туса хурас тĕллевпе тытса пырать.

Пирĕн çитĕнÿсем пысăк. Анчах çитĕнÿсемпе лăпланса ларма юраманни çинчен Ленинпа Сталин вĕрентнине совет çыннисем яланах асра тытаççĕ. Пирĕн çĕршыв умĕнче татах та пысăкрах задачăсем тăнине совет çыннисем яланах пĕлсе тăраççĕ.

Совет халăхĕ, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, хамăр çĕршыв умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçа кĕртсе пырĕ, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн ырми-канми кĕрешĕ.

Ленин ялавĕ айĕнче, аслă Сталин ăслăн ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!

# В. И. ЛЕНИНĂН ТĔП МУЗЕЙĔНЧЕ

Пирĕн Тăван çĕршыв столицинче — Мускавра, Революци площадĕнче, В. И. Ленинăн тĕп музейĕ вырнаçнă виçĕ хутлă чаплă çурт ларать.

Хамăр çĕршыври, çавăн пекех тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи халăхсен представителĕсем çак çурта пырса кураççĕ. Музей уçăлнăранпа 16 çултала çурă иртнĕ. Çак вăхăтра музея 11,5 миллион çын пырса курнă.

Сталин юлташ пуçарнипе уçнă çак музейра—вилĕмсĕр Ленина хисеплесе туса хунă памятникре—7 пин ытла экспонат пухса хунă. Экспонатсем хушшинче ĕççыннисен аслă çулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин çырнă произведенисен алçырăвĕсем тата халĕ сайра тĕл пулакан кĕнекесем, документлă фотоÿкерчĕксем, искусство произведенийĕсем, Владимир Ильич япалисем, çĕлĕк тата френч, тăшман персе шăтарнă пальто, Совет власĕн малтанхи декречĕсем çине алă пуснă ручка, сехет тата ытти асăнса пурăнмалли хаклă япаласем пур. Пĕр пÿлĕмре Владимир Ильич Ленинăн Кремльти кабинетне туса кăтартнă.

Музей залĕсенче çÿренĕ чухне тĕнче историйĕнче çĕнĕ самана пуçласа янă аслă çыннăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен пысăк кĕнеке вуланă пекех туятăн. Ленинпа Сталин туслă ĕçлесе, çул çинче тĕл пулнă мĕнпур йывăрлăхсене çĕнтерсе, çĕнĕ сăнарлă парти туса хунă, вăл хамăр çĕршывра капиталистсемпе помещиксен власне сирпĕтсе антарассине пурнăçланă, социализм туса çитернĕ.

В. И. Ленинăн идейисем, унăн ĕçне малалла туса пыракан Сталин юлташăн ĕçĕсем совет çыннисене хамăр çĕршывра коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме хавхалантараççĕ. Музей залĕсенче, вĕренмелли аудиторисенчи пек, алла конспект тытнă çынсене куратăн. Столицăри пропагандистсем, агитаторсем, кружоксенче, аслă шкулсенче вĕренекенсем музея пырса Коммунистсен партийĕн паттăр историне, аслă çулпуçсен биографине тĕплĕ вĕренеççĕ. Музей уçăлнăранпа кунта Владимир Ильичăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен, В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн аслă туслăхĕ çинчен тата Коммунистсен партийĕн историйĕн уйрăм темисем тăрăх 130 пин лекци вуласа панă.

Музей кашни çулах марксизм-ленинизм классикĕсен çĕнĕ кĕнекисемпе, искусство произведенийĕсемпе тата ытти экспонатсемпе пуянланса пырать. Партин XIX-мĕш съезчĕ хыççăн музейра çĕнĕ экспонатсем чылай хутшăннă. Унта И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле произведенийĕ, вăл КПСС XIX-мĕш съезчĕн юлашки ларăвĕнче каланă сăмах, партин çĕнĕ Уставĕ, историллĕ съездăн ытти материалĕсем пур.

«Астуса пурăнăр, юратăр, вĕренĕр Ильича, хамăрăн учителĕмĕре, хамăрăн çулпуçăмăра...», — çапла çырнă И. В. Сталин «Рабочая газета» ятлă хаçатра Ленин вилнĕренпе пĕр çул тултарнă кун. Совет çыннисен чĕрине кĕрсе вырнаçнă çак сăмахсене çырса хунă «Лениниана» тесе ят панă зала кĕмелли алăк умне.

Кунта питĕ пысăк шкафсенче В. И. Ленинпа И. В. Сталин кĕнекисене пухса хунă. Çак кĕнекесем пирĕн çĕршыври тата пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи халăхсем Ильича асра тытса пурăнни, юратни тата вĕренни çинчен калаççĕ. Питĕ пысăк глобус çинче хĕрлĕ ункăсем туса Ленинпа Сталин произведенийĕсене пичетлесе кăларнă вырăнсене кăтартса панă. Çавăн пек вырăнсем Европăра, Азире, Америкăра тата çĕр чăмăрĕн ытти пайĕсенче те нумай. Ленинпа Сталинăн çĕнтерÿллĕ вĕрентĕвĕ çĕр чăмăрĕн пур кĕтесĕсене те пырса çитет. В. И. Ленинпа И. В. Сталин произведенийĕсене 1917 çултан пуçласа 1952 çула çитиччenхи вăхăтра СССР Союзĕнче 261 вырăнта тата урăх çĕршывсенче 250 вырăнта пичетлесе кăларнă. Вĕсене тĕнчери 117 халăх чĕлхи çине куçарнă. И. В. Сталин юлташ КПСС XIX-мĕш съезчĕн юлашки ларăвĕнче каланă сăмаха тата унăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине украинла, белорусла, грузинла, армянла, азербайджанла, казахла, молдаванла, эстонла, латышла тата ытти чĕлхесемпе пичетлесе кăларнă.

В. И. Ленин музейне урăх çĕршывсенче те пĕлеççĕ. Пирĕн Тăван çĕршыв столицине халăх демократи çĕршывĕсенчен, Китай Халăх Республикинчен, Демократиллĕ Германи Республикинчен тата капитализмлă çĕршывсенчен килекен делегацисем пурте В. И. Ленин музейне кĕрсе кураççĕ.

Çак кунсенче курма пыракансем уйрăмах нумай. Вĕсем тĕрлĕ профессиллĕ çынсем, ваттисем те, çамрăккисем те пур. Тĕрлĕ чĕлхепе калаçакансем пурте Ильича вĕçĕмсĕр юратса çак музея килсе кураççĕ.

Владимир Ильичăн чĕри тапма чарăннă кун—1924 çулти январĕн 21-мĕшĕ каялла юлса пырать. Вăхăт иртет. Ленинăн вилĕмсĕр идейисем пурăнаççĕ, вĕсем ĕмĕрех пурăнĕç. И. В. Сталин малалла аталантарнă çав идейăсем çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур халăхсен ялавĕ пулса тăчĕç. Вĕсем çак ялавпа миршĕн, никама пăхăнманлăхшăн, демократишĕн тата социализмшăн кĕрешеççĕ. (ТАСС).

# ЛЕНИНИЗМ—КОММУНИЗМШĂН КĔРЕШМЕЛЛИ ÇĔНТЕРŸЛЛĔ ЯЛАВ

Мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен аслă вăрçăсĕ тата учителĕ, пирĕн партипе совет государствин организаторĕ Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе çирĕм тăхăр çул иртрĕ. Çак хурлăхлă кун иртнĕренпе мир калани çулах Ленин вĕрентнисем вилĕмсĕр пулнине, этемлĕхĕн малалли аталанăвĕнче ленинизм идейисем калама çук пысăк вырăнта тăнине çĕнĕрен те çĕнĕрен курса ĕненетпĕр. Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, Ленин ĕçне малалла туса пыракан аслă сулăпуç Сталин юлташ çул кăтартса пынипе тунă пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерÿсем, Китай халăхĕ тата Европăри халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсем тунă çĕнтерÿсем, капитализм çĕршывĕсенче рабочисен революциллĕ юхăмĕ ÿссе пыни, колонисемпе çурма колонисенче нациллĕ ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешÿ çав тери вăйланса кайни ленинизмăн вăйĕпе пурнăç хăватне лайăх кăтартса тăраççĕ.

Ленинизм идейисем пурăнаççĕ, малалла аталанаççĕ, çĕнтереççĕ!

Революциллĕ наука корифейĕ И. В. Сталин çырнă «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведени марксистла-ленинла теори аталанăвĕн чи çÿлти сыпăкĕ пулса тăрать. Сталин юлташăн çак произведенийĕнчи положенисем партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисен никĕсĕ пулса тăчĕç, вăл съезд Ленин—Сталин партийĕн аслă вăйне, унăн идейăллă тата организациллĕ вăй-хăвачĕ калама çук ÿснине, вăл тĕнчери коммунистла юхăма ертсе пырас ĕçре пысăк вырăнта тăнине пĕтĕм тĕнче умĕнче кăтартса пачĕ.

Ленинизм идейисем, Сталин юлташ гениллĕ малалла аталантарса пыракан идейăсем, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине хăйĕн тĕп задачисене—партин XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панă задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме кирлĕ хăватлă хĕçпăшал пулса тăраççĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ умĕнче: социализмран майĕпен коммунизма куçса пырса, коммунизмлă общество тăвас, обществăн пурлăхпа культура шайне пĕрмаях хăпартса пырас, общество членĕсене интернационализм шухăшĕ майлă тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисемпе тăванла сыхăнусем тытса пурăнас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парас, тăшмансен агрессиллĕ ĕçĕсенчен сыхланма советлă Тăван çĕршывăн активлă обороне пур майсемпе те тĕреклетсе пырас задачăсем тăраççĕ.

Ленин идейисемпе вăл каласа хăварнисем халĕ пирĕн общество коммунизм патне çĕнтерÿллĕ пынинче палăрса тăраççĕ. Ленинизм вăл — коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешмелли ялав.

## I.

Маркспа Энгельс вĕрентĕвне Ленин гениллĕ малалла аталантарнă. Историри çĕнĕ условисенче пролетариат кĕрешĕвĕн опытне пĕтĕçтерсе, Ленин пĕтĕм марксистла теорие малалла аталантарнă тата ăна çĕнĕ пусăма çĕкленĕ.

Ленинизм вăл—империализмпа пролетариллĕ революцисен саманинчи марксизм. Марксизмăн малалли аталанăвĕ пулса, ленинизм пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисемпе пусмăр тÿсекенсене капиталистла чуралăхран ирĕке тухассишĕн, социализмпа демократишĕн кĕрешме вĕрентекен аслă вĕрентÿ пулса тăчĕ.

Марксизм-ленинизм пурне те çĕнтерет, мĕншĕн тесен вăл тĕрĕс вĕрентÿ. Революциллĕ рабочи класăн аслă вĕрентĕвĕ сутçанталăкпа обществăн тĕпчесе пĕлнĕ законĕсем çинче никĕсленсе тăрать, вăл обществăн материальнăй пурнăçне аталанма мĕн кирлине, ĕçсыннисен тĕп интересĕсене, эксплуатаципе хĕн-хур тÿсекен çĕршер миллион çынсен интересĕсене шута илет.

Тĕрлĕ субъективистла шухăшсене, обществăллă аталану законĕсем объективлă пулнине йышăнман шухăшсене хирĕç пырса, çав законсем çынсен ирĕкĕпе ăстăнĕнчен килмесĕр пулса пыракан объективлă процессене палăртса тăраççĕ тесе шутлать марксизм-ленинизм. Чи малта пыракан марксизм-ленинизм теорийĕ çинче никĕсленсе тăни, мĕнпур объективлă факторсене тĕрĕс шута илни, экономикăра, обществăн материальнăй пурнăçĕнче мĕн кирлине палăртса пани Коммунистсен партийĕн политикине пурнăç вăйĕ парса тăрать.

Марксистла-ленинла теори вăйĕ унăн творчествăллă характерĕнчен килет, вăл пĕр вырăнта тăмасть, ĕçсыннисен революциллĕ кĕрешĕвĕнчи çĕнĕ опыта, сутçанталăкпа общество пурнăçĕнчи çĕнĕ явленисене пĕтĕçтерсе, вăл пĕрмаях аталанса пырать. Марксистла-ленинла теорин уйрăм положенийĕсем пурăна-киле çĕнĕ лару-тăрупа, рабочи класăн историри çĕнĕ задачисемпе килĕшсе тăракан çĕнĕ положенисемпе улшăнаççĕ.

Сутçанталăкпа общество аталанăвĕнчи çĕнĕ явленисене наука енĕпе пĕтĕçтерсе, Сталин юлташ хăйĕн «Марксизм тата чĕлхе вĕрентĕвĕн ыйтăвĕсем» ятлă произведенийĕнче марксизм çинчен классикăлла ăнлантарса пачĕ: «Марксизм вăл—сутçанталăкпа общество аталанăвĕн законĕсем çинчен вĕрентекен наука, пусмăрпа эксплуатацире пурăнакан массăсен революцийĕ çинчен вĕрентекен наука, мĕнпур çĕршывсенче социализм çĕнтересси çинчен вĕрентекен наука, коммунизмлă общество тăвасси çинчен вĕрентекен наука» (54—55 стр.).

Ленинизм идейисен аталанăвĕнчи çĕнĕ самана аслă мыслитель Сталин юлташ ячĕпе сыхăнса тăрать.

Ленинăн аслă соратникĕ тата унăн ĕçĕсене малалла туса пыракан Сталин юлташ ленинизма парти тăшманĕсем — троцкистсем, сылтăм оппортунистсем, буржуалла националистсем тапăнинчен сыхласа хăварчĕ, ленинизма хирĕç пыракан сулăнчăксене упкăнсене пурне те çĕмĕрсе тăкас ĕçе организацилерĕ, партие тата ытларах çирĕплетсе, ăна ленинла çĕнтерÿллĕ çул çинче пĕтĕçнĕ парти туса хучĕ.

Сталин юлташ марксистла-ленинла наукăн пур пайĕсене те: философие, политикăллă экономие тата научнăй социализма малалла аталантарчĕ.

Революциллĕ наукăн аслă корифейĕ Сталин юлташ, марксизм-ленинизм теорине творчествăллă аталантарса тата пуянлатса пырса, партипе совет халăхне коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме идея тĕлĕшĕнчен хĕçпăшаллантарать. Революциллĕ теоришĕн, партипе совет государствин практикăри мĕнпур ĕçĕшĕн Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ калама çук пысăк вырăнта тăрать. Сталин юлташăн çак произведенийĕ марксистла-ленинла теорире çав тери чаплă çĕнĕ пуянлăх, наукăна творчествăллă аталантарнине кăтартакан классикăллă тĕслĕх пулса тăрать. Сталин юлташ çав произведенире социализмлă обществăри обществăллă производство законĕсемпе материальнăй ырлăхсене валеçмелли законсене пур енĕпе те тĕпчесе пĕлнĕ, социализмăн экономикăллă тĕп законне тата хальхи вăхăтри капитализмăн экономикăллă тĕп законне уçса панă.

Сталин юлташ хăйĕн произведенийĕнче социализмран коммунизма куçмашкăн хатĕрленсе çитме кирлĕ малтанхи виçĕ тĕп условине кăтартса пачĕ.

Пĕррремĕшĕнчен, пĕтĕм обществăллă производствăна ÿстерсе пыма, уйрăмах производство хатĕрĕсем туса кăларассине ытларах ÿстерсе пыма çирĕп никĕс тумалла, унсăрăн анлăн пулса пыракан воспроизводство тума çук.

Иккĕмĕшĕнчен, колхозсене усă кÿрес, çапла вара, пĕтĕм обществăна усă кÿрсе, майĕпен улшăнусем туса пынипе колхозлă харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклемелле, çавăн пекех майĕпен улшăнусем туса пынипе тавар сутса илни вырăнне продуктпа продукт улăштарса илес йĕрке тумалла, вара центрти власть е пĕр-пĕр урăх обществăллă-экономикăллă центр обществăллă производствăн пĕтĕм продукцине общество интересĕсемшĕн тытса тăма пултартăр.

Виççĕмĕшĕнчен, общество культурине чи çÿлĕ шая çити ÿстермелле, вăл обществăн мĕнпур членĕсен вăй-халпа ăстăн тĕлĕшĕнчи пултарулăхĕсене пур енĕпе те аталантарма май патăр, общество членĕсем общество аталанăвĕн активлă деятелĕсем пулмашкăн çителĕклĕ таран вĕренме пултарччăр, вĕсем ирĕклĕн професси суйласа илме пултарччăр, çапла вара вĕсен, ĕçлев пайланса тăнипе пула, ĕмĕр тăршшĕпех пĕр-пĕр профессипе сыхăнса тăмалла ан пултăр.

Партин XIX-мĕш съезчĕ парти программине çĕнетсе çырнă чухне Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕнчи тĕп положенисене никĕсе хумалла, тесе йышăнчĕ.

## II.

Ленинизм совет халăхĕн коммунизм патне çитмелли çулне сутатса пырать. Пирĕн парти пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерÿсем турĕ, пирĕн çĕршывра социализмлă общество туса çитерчĕ, мĕншĕн тесен вăл хăйĕн практикăри ĕçĕсенче марксизм-ленинизм положенийĕсемпе вывочĕсене яланах тĕрĕс шута илсе пырать.

Марксистла-ленинла наука коммунизмлă общество тумалли теориллĕ никĕс пулса тăрать.

«Коммунизм вăл,—тесе вĕрентнĕ аслă Ленин,—Совет власĕ тата пĕтĕм çĕршыва электрификацилени пулать... Çĕршыва электрификацилесе çитерсен кăна, промышленноçа, ялхуçалăхĕпе тата транспорта ку чухнехи шайра промышленноçăн техникăллă никĕсне туса парсан кăна, çавăн чухне кăна эпир татăклăнах çĕнтерме пултаратпăр» (Соч., 31 т., 484 стр.).

Ленинпа Сталин кăтартса панисене пурнăçа кĕртсе, пирĕн парти коммунизмăн материально-техникăллă никĕсне хывассишĕн кĕрешсе пысăк çитĕнÿсем турĕ. Вăрçа пула тата вăрçă кунĕ сиенсене пула пысăк йывăрлăхсем тухса тăнă пулин те, совет халăхĕ хамăр çĕршывăн халăх хуçалăхĕпе культурине нумай малалла ячĕ.

Центральнăй Комитет ĕçĕсем çинчен партин XIX-мĕш съездне туса панă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ парти Ленин ялавĕпе, Сталин юлташ ертсе пынипе кĕрешсе тунă çĕнтерÿсене кăтартса пачĕ.

Пирĕн çĕршывра промышленность продукцийĕ туса кăларасси 1951 çулта, 1929 çулхипе танлаштарсан, 13 хута яхăнах ÿснĕ. Çак çулсенче чи пысăк капитализмлă çĕршывсенче промышленность пĕр вырăнтах тăнă. Ку енчĕ хуçалăхăн социализмлă системи капитализмлă системинчен малта тăнине лайăх кăтартса парать.

Совет халăхĕ çав тери хавхаланса калама çук пысăк электростанцисемпе каналсем тăвать, сутçанталăка урăхлатса çĕнетмелли сталинла плана пурнăçа кĕртсе пырать.

Коммунизмăн сталинла стройкисенче ĕç анлăн сарăлса кайни совет халăхĕн пултарулăх аслă вăйне, малта пыракан совет наукин хăватне кăтартса парать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене çирĕплетрĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх планра палăртнă тăрăх промышленность производствин шайне 1955 çулта, 1950 çулхи шайпа танлаштарсан, 70 процента яхăн ÿстермелле пулать. Çакă вăл пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕнче промышленность производствин шайĕ вăрçăчченхи 1940 çулхи шайран виçĕ хут иртсе каймаллине пĕлтерет.

Промышленноçа малалла хăватлăн çĕклес тесе парти наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе анлăн усă курма, ĕç тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пыма, государство планĕсене тултарас ĕçре çирĕп дисциплина тума, чи паха продукци кăна туса кăларма, продукцин хăйне ларакан хакне пĕрмаях йÿнетсе пыма, перекетлĕх режимне тытса пыма, социализмлă ăмăртăва малалла вăйлатма, чи лайăх ĕç меслечĕсене сарса пырса, малта пыракансемпе, новаторсемпе танлашма чĕнет.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те малалла вăйлатса пыма палăртнă. Ялхуçалăхĕнчи мĕнпур культурăсен тухăçлăхне ÿстересси, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстересси, ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна ĕçе кĕртнĕ никĕс çинче колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ĕçне лайăхлатса пырса, çĕрĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцине тата таварлă продукцине ÿстерессн ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса тăрать.

Çак паха задачăна пурнăçа кĕртес тесе, парти колхозсемпе совхозсенче ĕç тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пыма, колхозсен обществăллă хуçалăхне çирĕплетме, ялхуçалăхĕнчи пуян техникăпа, малта пыракан опытпа, агрономи наукин çитĕнĕвĕсемпе пĕтĕмпех усă курма чĕнет.

Халăха вĕрентес ĕç тата ытларах вăйланмалла, наука, литература, искусство малалла аталанмалла. Халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсем валли пысăк квалификациллĕ кадрсем хатĕрлесси, пурне те политехникăлла вĕрентес ĕçе куçмашкăн кирлĕ условисем тăвасси уйрăмах пысăк вырăнта тăраççĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçа кĕртни пирĕн çĕршыв социализмран коммунизма аталанса пырас çул çинче пысăк утăм пулса тăрать.

## III.

Ленинизм идейисене хĕçпăшалланса, пирĕн парти ĕçсыннисен йышлă массисене революциллĕ пулма, киввĕ, пĕтсе пыракан капитализмлă строя хураймн пулма воспитани пама пултарчĕ, массăсене коммунизм пурнĕрех çĕнтерессине ĕненме çирĕп шанчăк пачĕ.

Аслă Ленин: Совет государствин вăйĕ—ĕçсыннисен массисем ăнланулă пулнинчен килет, тесе вĕрентнĕ. «Пирĕн шутпа государство ĕçсыннисем ăнланулă пулнипе вăйлă»,—тенĕ Ленин (Соч., 26 т., 224 стр.).

Социализмран коммунизма куçма производительнăй вăйсен аталанăвĕ çÿлте тăни кăна мар, ăнланулăх та пысăк пулни кирлĕ, мĕншĕн тесен коммунизмра обществăн материальнăй пуянлăхĕсем кăна мар, ăс-тăн культури те ытлăн-çитлĕнех пулмалла.

Ленинизм пирĕн партипе Совет государстви туса пыракан мĕнпур идеологиллĕ ĕçсен никĕсĕ пулса тăрать.

Ленинпа Сталин кăтартса панисене асра тытса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ĕçсыннисене коммунистла воспитани парас тĕлĕшпе ывăнма пĕлмесĕр ĕçлет. Парти хамăр çĕршыври çынсене ленинизм шухăшĕ майлă, совет патриотизмĕпе халăхсем хушшинчи тăванла туслăх шухăшĕ майлă, интернационализм шухăшĕ майлă воспитани парать. Парти ĕçсыннисене ĕç çине, социализмлă харпăрлăх çине социализмла пăхма вĕрентет, çынсен ăс-тăнĕнче юлнă капитализм юлашкисене — буржуалла национализм, космополитизм палăрнине хирĕç, мĕнпур ют ĕçсем çине, совет обществишĕн тăшманла ĕçсем çине либераллă пăхнине хирĕç кĕрешет.

Партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ:

«Пирĕн совет обществинче буржуалла идеологи пуç пулса тăмалли класлă никĕс çук тата пулма та пултараймасть. Пирĕн çĕршывра социализмлă идеологи пуç пулса тăрать, унăн çирĕп никĕсĕ—марксизм-ленинизм. Анчах пирĕн çĕршывра буржуалла идеологи юлашкисем, уйрăм харпăрлăхлă психологипе мораль юлашкисем сыхланса юлнă-ха. Вĕсем хăйсем тĕллĕнех пĕтмеççĕ, вĕсем нимле те пĕтесшĕн мар, ÿсме те пултараççĕ, вĕсене хирĕç татăклăнах кĕрешес пулать. Пирĕн хушăмăра чикĕ леш енчен, капиталистла государствăсем енчен, тата шал енчен, парти пĕтĕмпех пĕтерсе çитерейменн упкăнсем—Совет власне хирĕçле ушкăнсем енчен, пирĕншĕн ют шухăшсем, ют идейăсем тата ют кăмăлсем хĕсĕнсе кĕрессн те пулма пултарать. Совет государствин тăшманĕсем пур тĕрлĕ юрăхсăр шухăш-кăмăлсене сарса пыма, хускатса тăма, вăйлатса яма, пирĕн обществăри çирĕп мар çынсене идеологи тĕлĕшĕнчен пăсма тăрăшнине те манма юрамасть».

Çавăнпа ĕнтĕ пирĕн парти идеологиллĕ ĕçе çителĕклĕ хакламаннине пĕтерме, ĕçсыннисене коммунистла воспитани парас ĕçре идеологиллĕ вăйăн мĕнпур хатĕрĕсемпе—пропагандăпа, агитаципе, пичетпе, литературăпа, искусствăпа, радиопа, кинопа тата ыттисемпе те—усă курма хушать. Парти идеологи ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă решенисем пурте çак задачăна пăхăнса тăраççĕ. Парти пирĕн кадрсен идейăллă-политикăллă пĕлĕвĕсене, совет çыннисен коммунистла ăнланулăхне ывăнма пĕлмесĕр ÿстерсе тата лайăхлатса пыма хушать.

Ленин—Сталин партийĕ социализмлă ăмăртăва малалла аталантарас тесе çав тери нумай тăрăшать.

Аслă Ленин 1918 çулхи январь уйăхĕнчех «Ăмăртăва мĕнле организацилемелле?» ятлă статьяра çапла çырнă:

«Социализм ăмăртăва сÿнтермест кăна мар, пачах урăхла, вăл ăна чи малтанхи хут чăнахах та анлăн, чăнахах та массăллăн ĕçе кĕртсе пыма, ĕçсыннисен чăнахах та ытларах пайне ĕçе явăçтарма майсем туса парать, кунта ĕçсыннисем хăйсене палăртма, хăйсен пултарулăхне аталантарса яма, халăх хушшинчи иксĕлми çăлкуçĕ пекех пит те нумай талантсене—капитализм пинĕ-пинĕпе, миллионĕ-миллионĕпе лутăркана, таптана, пăвнă талантсене палăртма пултараççĕ» (Соч., 26 т., 367 стр.).

Ленин сăмахĕсен тĕрĕслĕхне пирĕн çĕршыври пурнăç уççăнах кăтартса пачĕ. Социализмла система халăх хушшинчи талантсемпе пултарулăхсене пур енĕпе те аталанма условисем туса хатĕрлерĕ.

Совет правительстви массăсен творчествăллă пуçарулăхне анлăн хавхалантарать, производствăра, наукăпа культурăра малта пыракан çынсене наградăсемпе премисем парать, совет халăхĕн творчествăллă вăйĕсене малалла чечеклеиме ÿсме кирлĕ условисем тăвать.

Партин совет халăхне революциллĕ сыхăлăха çÿлте тытма, халăх тăшманĕсене хирĕç, социализмлă государство тăшманĕсене хирĕç нимĕн шеллемесĕр кĕрешме воспитани памалла, тесе вĕрентнĕ аслă Ленин.

Ленин каласа хăварнисене асра тытса, совет çыннисен политикăллă тимсĕрлĕх кăптах палăрнине те пĕтермелле, мĕншĕн тесен унсăрăн пирĕн çĕршывра Америка империализмĕн агенчĕсем хăйсен киревсĕр ĕçне çăмăллăх туса пыма пултараççĕ.

Совет Союзĕнче эксплуататорла класcене таххăнах çĕмĕрсе тăкса, пĕтерсе хунă, анчах пирĕн патра буржуалла идеологи юлашкисем, уйрăм харпăрлăхлă психологипе мораль юлашкисем юлнă-ха, буржуалла шухăшсемпе буржуалла мораль тытăкансем — чĕрĕ çынсем, пирĕн халăхăн вăрттăн тăшманĕсем сыхланса юлнă. Сăтăрçă-врачсен террористла ушкăнĕнче шăпах çавăн пек вăрттăн тăшмансем пулнă та ĕнтĕ, вĕсем еврейсен пĕтĕм тĕнчери «Джойнт» ятлă буржуалла-националистла организаци агенчĕсем пулнă, Америкăри империалистсем хушнипе ĕçлесе тăнă. Çак бандăна тупса тытни совет çыннисен революциллĕ сыхăлăхне вăйлатма, политикăллă тимсĕрлĕхе татăклăнах пĕтерме кирлине татах тепĕр хут кăтартса парать, унсăрăн сăтăрла ĕçсене, шпионажпа диверсине пĕтерме май çук.

Ăнăçлăн коммунизм тума чи кирлĕ условисенчен пĕри вăл совет государствине пур майсемпе те çирĕплетни пулать. Парти совет çĕршывне социализмăн никам аркатайми тĕрекĕ туса хучĕ.

Парти пирĕн общество стройĕпе государство стройне пур майсемпе те çирĕплетме, совет çыннисен политикăллă активлăхĕпе патриотизмне аталантарма, пирĕн çĕршыври халăхсен моралĕпе политикăллă пĕрлĕхĕпе туслăхне çирĕплетме, вăрçă чĕртекенсен киревсĕр ĕçĕсенчен сыхă тăма, Совет Çарне, Тинĕс-Çар Флотне тата совет разведкин органĕсене тата ытларах çирĕплетме чĕнет.

## IV.

Ленинизмăн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшĕ çултан-çул ÿссе пырать. Ленинпа—Сталинăн никам çĕнтерейми ялавĕ айне çĕнĕрен те çĕнĕрен миллионшар çынсем тăраççĕ. Европăпа Азири чылай çĕршывсенче халăх демократи стройĕ çĕнтерни Ленин идейисен чаплă çĕнтерĕвĕ пулса тăрать, вăл çĕршывсем ĕнтĕ çĕнĕ пурнăç çулĕ, социализм çулĕ çине çирĕп тăчĕç. Китай Халăх Республики пулса тăни вăрçă хыççăнхи вăхăтра тĕнче пурнăçĕнче çав тери паллă çитĕнÿ пулчĕ.

Ленин çапла çырнă:

«Кĕрешÿ мĕнле пĕтесси, юлашкинчен, Россия, Инди, Китай тата çавăн пек çĕршывсем пĕтĕм çĕр çинчи халăхăн калама çук пысăк ытларахăшĕ пулнинчен килет. Халăхăн шăпах çак ытларахăшĕ ĕнтĕ юлашки çулсенче хăйне ирĕке кăларассишĕн пыракан кĕрешĕве питех те пысăк хăвăртлăхпа хутшăнса пырать, çавăнпа та, çак енчен пăхсан, тĕнчери кĕрешĕвĕн юлашки решенийĕ мĕнле пуласси пирки нимĕнле иккĕленÿ таврашĕ те пулма пултараймасть. Çак енчен пăхсан, социализм татăклăнах çĕнтересси питех те тата пĕр сăмахсăрах та шанчăклă» (Соч., 33 т., 458 стр.).

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн мир, демократи тата социализмăн хăватлă лагерĕ пулса тăчĕ, ăна аслă Совет Союзĕ ертсе пырать. Çак лагере кĕрекен çĕршывсем политика, экономика тата культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе лайăх килĕштерсе ĕçлеме тытăнчĕç.

Сталин юлташ хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикăллă произведенийĕнче СССР, Китай тата Европăри халăх демократи çĕршывĕсем экономика тĕлĕшпе килĕштерсе ĕçлени тата пĕр-пĕрне пулăшни çинчен каласа парса, çапла çырать:

«Пĕр-пĕринпе çавăн пек килĕштерсе ĕçленин опычĕ акă мĕн кăтартса парать: халăх демократи çĕршывĕсене Совет Союзĕ чăн-чăнах паха тата техника тĕлĕшпе квалификациллĕ пулăшу парса тăрать, ун пек пулăшăва вĕсене пĕр капитализмлă çĕршыв та параймав пулĕччĕ. Ĕç çав пулăшу питех те йÿнĕ тата техника енĕпе чи паха пулнинче кăна мар. Ĕç чи малтан акă мĕнре: çавăн пек килĕштерсе ĕçленин никĕсĕ пĕр-пĕрне тÿрĕ кăмăлпа пулăшма тăрăшни тата экономикăра пĕтĕмĕшле ÿсĕм тума тăрăшни пулать. Çакна пула çав çĕршывсенчи промышленность пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырать» («ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем», Госполитиздат, 1952 ç., 31 стр.).

Европăри халăх демократи çĕршывĕсене вăрçă пысăк сиен кÿнĕ пулин те, çак çĕршывсенче промышленность, Совет Союзĕ пулăшса тăнипе пула, вăрçăччен хисепрен икĕ-тăватă хут тата пилĕк хут та иртсе кайрĕ. Халăх демократи çĕршывĕсенче социализм тăвас тĕлĕшпе калама çук пысăк ĕç пырать.

Совет халăхĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра çĕнтерÿ туни, халăх демократи çĕршывĕсем пулса тăни, Совет Союзĕ коммунизм строительствинче тунă çитĕнÿсем, халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕçсыннисен çитĕнĕвĕсем капитализмлă çĕршывсенчи рабочи класс кăмăлне çĕклерĕç, социализм империализмпа реакцие çĕнтерессе ĕненсе тăма ăна çирĕп шанчăк пачĕç.

Пирĕн аслă социализмлă Тăван çĕршыв—ленинизм идейисем пурнăça кĕнĕ çĕршыв. Вăл, пысăк маяк пек, этемлĕхе сутă малашлăх çулне кăтартса тăрать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ тĕнчери революциллĕ юхăмпа рабочи юхăмăн «Ударнăй бригади» пулса тăрать. Вăл Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче пирĕн халăха шанчăклăн малалла илсе пырать, пĕтĕм тĕнчери халăхсем валли коммунизм патне пыма çул хывать.

«Паллах,—терĕ Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче калана сăмахра, — «Ударнăй бригада» пĕр пĕччен пулнă чухне, çав малта пырас ĕçе унăн пĕччен тенĕ пек туса пыма тивнĕ чухне, çав хисеплĕ ĕçе пурнăçлама питĕ йывăр пулнă. Вăл çавăн пек пулнă ĕнтĕ. Халĕ—ĕç пачах урăхла. Халĕ, Китайпа Корейăран пуçласа Чехословакипе Венгри таран çĕнĕ «Ударнăй бригадăсем»—халăх демократи çĕршывĕсем пулса тăчĕç пулсан,—халĕ пирĕн партие кĕрешме çăмăлрах ĕнтĕ, тата ĕç те хаваслăрах пулса пырать».

Партин XIX-мĕш съездĕнче урăх çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисенчен 45 делегаци пулни, вĕсем чĕререн саламлани, миршĕн пыракан кĕрешÿре вĕсем совет халăхне пулăшма сăмах пани пирĕн партин тĕнчери коммунистла юхăма калама çук пысăк влияни панине, совет халăхĕпе ытти çĕршывсенчи ĕçсыннисем хушшинчи интернационалистла сыхăнусем ÿссе пынине уççăн кăтартса пачĕç.

Пирĕн партие, пирĕн совет çĕршывне тĕнчери халăхсем халĕ ĕнтĕ нихçанхинчен ытларах хисеплеççĕ, юратса, пулăшса тăраççĕ. Çав вăхăтрах пирĕн партипе совет государстви миршĕн, демократишĕн, прогресшăн кĕрешекенсен хутне кĕрсе, вĕсене пулăшса тăни нихçан та хальхи вăхăтри пек витĕмлĕ пулман.

«Пĕр-пĕрне пулăшас çав паха ĕç, — терĕ Сталин юлташ,—çакна пĕлтерет: пирĕн партин интересĕсем мире юратакан халăхсен интересĕсене хирĕç пымаççĕ кăна мар, пачах та урăхла, вĕсемпе тачă пĕтĕçсе тăраççĕ. Совет Союзне илес пулсан вара, унăн интересĕсене пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕнчен пачах та уйăрма çук».

Америка агрессорĕсем Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене курайманççĕ. Америка агрессорĕсем тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçласа яма тата тĕнчен пур пайĕсенче те хăйсем пуç пулса тăма тăрашаççĕ.

Ленин граждан вăрçипе ют çĕршывсен вăрçăллă интервенцийĕ пынă çулсенчех Америка империализмĕн вăрă-хурахла сăн-сăпатне уçса кăтартнă. Ленин çапла çырнă:

«Америка миллиардерĕсем пуринчен те пекех пуян тата географи тĕлĕшпе чи хăрушăсăр вырăнта пулнă... Вĕсем çĕршер миллиард доллар çаратнă. Кашни доллар çинчех—çар хатĕрĕсем сутса илнĕ «тупăш» ирсĕрлĕхĕ пур, çакă вăл кашни çĕршыврах пуянсене пуйтарнă, чухăнсене юхăнтарнă. Кашни доллар çинчех юн йĕрĕ пур—10 миллион вилнĕ, 20 миллион ухсах-чăлах тăрса юлнă çынсем юхтарнă юн тинĕсĕнчи юн йĕрĕ...» (Соч., 28 т., 26 стр.).

Америка империализмĕн çак вăрă-хурахла енĕсем иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн тата уççăнрах палăрчĕç. США-ри империалистла монополисем чи пысăк услам илме нимĕнле майсенчен те именсе тăмаççĕ: вĕсем ют çĕршывсен экономикине хутшăнса, ăна хăйсен сăткан интересĕсене пăхăнтараççĕ, вĕсем правительствăсемпе парламентсене вырăна лартаççĕ, вырăнтан кăлараççĕ, ют çĕршывсен çĕрĕсем çинче çар базисем тăваççĕ, халăх демократи çĕршывĕсене çав тери нумай шпионсем, провокаторсем, диверсантсем ярса, çак çĕршывсенче халăх демократи стройне пĕтерсе хума ĕмĕтленеççĕ.

США империалисчĕсем, çавăн пекех ытти капитализмлă çĕршывсенчи империалистсем те, демократиллĕ ирĕклĕхсене хĕсеççĕ. Вĕсем çынсемпе нацисен пĕртанлăх принципне таптаса тăкрĕç, ун вырăнне эксплуататорсем пысăк правасемпе усă курмалли йĕрке тата эксплуатаци тÿсекенсем правасăр пулмалли йĕрке туса хучĕç. Америка империалисчĕсем пур çĕрте те фашистла йĕркесем тăваççĕ. Вĕсем Корейăра вăрă-хурахла вăрçă вăрçаççĕ тата васкасах тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçлама хатĕрленеççĕ.

Совет халăхĕ, икĕ система мирлĕ пурăнма пултарни çинчен Ленин кăтартса панисене асра тытса, пĕтĕм тĕнчери миршĕн яланах çине тăрса кĕрешет. Совет Союзĕ миршĕн тăрăшнине мĕнпур çĕршывсенчи тÿрĕ кăмăллă çынсем ырласа кăмăллаççĕ. Миршĕн тăракансен хăватлă юхăмне çĕр чăмăрĕ çинчи çĕршер миллион çынсем хутшăнаççĕ.

«Нью-Йорк таймс» хаçатăн дипломатиллĕ корреспонденчĕн ыйтăвĕсем çине Сталин юлташ панă ответсем Совет Союзĕ миршĕн, вăрçă хăрушлăхне хирĕç çирĕп кĕрешнине çĕнĕрен ĕненмелле кăтартса пачĕç.

Мир ĕçне ывăнма пĕлмесĕр хÿтĕлесе, совет çыннисем çав вăхăтрах хăйсен государствин вăй-хăватне пĕрмаях ÿстерсе пыраççĕ, агрессора кирек хăçан та çĕмĕрсе тăкмаллах отпор пама хатĕр тăраççĕ. Ленинпа Сталин совет çыннисене хăюллă пулма воспитани панă, вĕсем, Америка империалисчĕсем провокаци тунине тата юнанине пăхса тăмасăр, хăйсен пултарулă ĕçне шанчăклăн туса пыраççĕ. Совет государствин вăй-хăвачĕ ÿсни совет халăхне коммунизмшăн, халăхсем хушшинчи çирĕп миршĕн кĕрешсе çĕнĕ çĕнтерÿсем тума май парать.

* * *

Аслă Ленин вилнĕренпе иртнĕ çулсем ленинизм чаплă çĕнтерÿсем тунă çулсем пулчĕç.

Ленинизм социализмлă обществăна çул кăтартса, ертсе пыракан пирĕн ăслă парти ĕçĕсенче пурăнса, çĕнтерÿсем туса пырать.

Ленинизм паттăр совет халăхĕн, çĕнтерÿçĕ-халăхăн ĕçĕсенче, пирĕн мирлĕ ĕçре пурăнать.

Ленинизм аслă Китай халăхĕн тата Европăри халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсен, ăнăçлăн социализм тăвакан халăхсен мухтавлă ĕçĕсенче пурăнса, çĕнтерÿсем туса пырать. Ленинизм тĕнчери коммунистла, революциллĕ юхăмра, колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсен нациллĕ ирĕклĕхшĕн, империалистла чуралăхран ирĕке тухассишĕн пыракан кĕрешĕвĕнче пурăнать.

Çĕр чăмăрĕн пур кĕтесĕсенче те, çĕр çинче çĕнĕ, лайăх, телейлĕ пурнăç тума тăрăшакан ĕçсыннисем пур çĕрте кирек ăçта та ленинизм пурăнать.

Ленинизм ялавне мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен аслă сулăпуçĕ Сталин юлташ çÿлте тытса пырать, вăл ăслă ертсе пынипе совет халăхĕ малалла, коммунизм патне шанчăклăн пырать.

П. ХОДЬКОВ.



В. И. Ленинпа И. В. Сталин Горкăра. 1922 çул.

# В. И. Ленина асăнса

ШУПАШКАР. Çак кунсенче хулари предприятисенче, учрежденисенче, институтсенче вăтăм шкулсенче, агитпунктсенче нумай агитаторсем В. И. Ленин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен лекцисемпе докладсем, калаçусем ирттерессĕ. Агитаторсем суйлав участокĕсенче «29 çул Ленинсăр, Сталин юлташ ертсе пынипе, Ленин çулĕпе» темăпа калаçусем ирттерессĕ.

Пир-авăр комбиначĕн строительствинче, Атăл леш енчи торф предприятийĕнче ĕçлекенсем хушшинче парторганизацисем уйрăм агитаторсен калаçусем ирттерĕç. Агитаторсем рабочисен общежитийĕсенче, клубсенче, суйлавçăсем патĕнче пулаççĕ.

Чăваш ялхуçалăх тата педагогика институчĕсенче «29 çул Ленинсăр, Сталин юлташ ертсе пынипе, Ленин çулĕпе» тата «Ленин—наукăн аслă корифейĕ» темăсем тăрăх лекцисем вулаççĕ.

Пир-авăр тата чĕлха фабрикисенче, Ленин ячĕпе тăракан фабрикăра тата ытти предприятисенче те цехсемпе участоксенче рабочисен пухăвĕсем пулса иртĕç.

Ĕçсыннисем аслă çулпуçăмăр В. И. Ленин хушса хăварнисене пурнăçласа пыма Ленин—Сталин партийĕн тавра тата ытларах пĕтĕçсе, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн мухтавĕшĕн, коммунизм обществи туса çитерессишĕн ырми-канми ĕçлеме пулаççĕ.

* * *

ЙĔПРЕÇ. Январĕн 21-мĕшĕнче районти культура çуртĕнче хуйхăллă-чаплă ларау пулать.

КПСС райкомĕн библиотекинче, районти культура çуртĕнче, çавăн пекех ялсенчи клубсемпе вулав çурчĕсенче вилĕмсĕр Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсене кăтартакан фотовыставкăсем, В. И. Ленин Сочиненийĕсен витринисем ĕçлеççĕ.

Районти предприятисемпе учрежденисенче, колхозсенче, агитпунктсенче çĕршер агитаторсем революцин генийĕ çулпуçĕпе руководителĕ В. И. Ленинăн вилĕмсĕр ĕçĕсем çинчен калаçусем ирттерĕççĕ.

* * *

ЕЛЧĔК. Колхозсенче предприятисенче, шкулсенче, агитпунктсенче КПСС райкомĕн штатра тăман пропагандисчĕсем, районти ялсенчи çĕршер агитаторсем В. И. Ленин пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен калаçусем ирттерессĕ.

Свердлов ячĕпе тăракан колхозри 44 агитатор хăйсене çирĕплетсе панă вунă килсенче Ленинăн революциллĕ ĕçĕсем çинчен калаçусем ирттерессĕ. Ялти клубра «29 çул Ленинсăр, Сталин юлташ ертсе пынипе, Ленин çулĕпе» темăпа доклад туса панă. Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра вунăшар агитаторсем «Сталин вăл — паянхи Ленин» темăпа калаçусем ирттернĕ.

КАНАШ. Хулари предприятисемпе учрежденисенче тата шкулсенче В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тăваççĕ.

Халĕ хулари пур предприятисемпе учрежденисенче те агитаторсем В. И. Ленин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен калаçусем ирттерессĕ, калаçусене выранти Советсен суйлавне хатĕрленессипе çыхăнтараççĕ.

Январĕн 20—22-мĕшĕсенче хулари учрежденисемпе предприятисенче пухусем пулса иртессĕ.

ВĂРНАР. Январĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти колхозсенче, предприятисенче учрежденисенче В. И. Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем, совет государствин тунă чаплă ÿсĕмсем, В. И. Ленинпа И. В. Сталин хушшинчи аслă туслăх çинчен докладсемпе калаçусем ирттерессĕ. Ку тĕллевпе районта çĕршер агитаторсемпе пропагандистсем, лекторсем ĕçлеççĕ.

Пĕрлешсе пысăкланнă Ленин ячĕпе тăракан колхозра Н. Кириллов учитель В. И. Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен доклад туса панă. Аслă çулпуç ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем В. И. Ленин хушса хăварнисене анлăн пурнăçласа пыма, пуян та культурăллă пурнăç туни çинчен хавасланса калаçрĕç. Халĕ колхозниксем выранти Советсен суйлавне хатĕрленеççĕ. Çавна май вĕсен ĕçре хастарлăхĕ пушшех ÿсрĕ. Вĕсем çитес суракине тĕплĕ хатĕрленсе çитме, вăйлă тырпулшăн кĕрешме пулчĕç.

Район центрĕнчи культура çуртĕнче «Ленин в 1918 году» кинокартина кăтартаççĕ. Çак чаплă фильма ĕçсыннисем нумайăн пырса кураççĕ.

* * *

ЕТĔРНЕ. Январĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти ĕçсыннисем В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тăваççĕ. Çак кунсенче кашни колхозра, предприятисемпе учрежденисенче ĕçсыннисен пухăвĕсем пулса иртессĕ. Ятарласа уйăрнă пропагандистсем «29 çул Ленинсăр, Сталин юлташ ертсе пынипе, Ленин çулĕпе» тема тăрăх докладсемпе калаçусем ирттерессĕ.

* * *

СĔНТĔРВĂРРИ. Январĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Ленин кунĕсене паллă туса районти предприятисемпе учрежденисенче тата колхозсенче ĕçсыннисен пухăвĕсем пулса иртессĕ. Новинскăйри агитпунктра В. И. Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен доклад пулчĕ.

Кинотеатрсенче В. И. Ленина халласа кăтартакан «Незабываемый 1919-й год», «В. И. Ленин», «Донецкие шахтеры» ятлă кинофильмсем кăтартаççĕ.

# Выранти Советсене суйлама кандидатсем тăратни

## Пир-авăр комбиначĕ тăвакансен пухăвĕнче

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ тунă çĕрте ĕçлекен рабочисен, служащисен, инженерсемпе техниксен пухăвĕ хула Советне депутата суйлама кандидатсем тăратасси çинчен сÿтсе явнă.

Мотористка Слепцова юлташ Шупашкар хула Советне 47-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама Петр Иванович Захаркин юлташ кандидатурине сĕнчĕ. Унăн сĕнĕвне Маркина Кривоносов юлташсем ырларĕç. Захаркин юлташ—механически мастерской начальникĕ.

Трибуна умне прораб Мигушин юлташ тухать. Вăл хула Советне 48-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама платниксен бригади бригадирне Иван Данилович Андрюшкин юлташа кандидата тăратма кирли çинчен калать. Андрюшкин юлташ пир-авăр комбиначĕн строительствинче малтан платник пулса ĕçленĕ. Вăл лайăх ĕçленине кура, ăна часах платниксен бригадирĕ пулма уйăрнă. Унăн бригади ĕçе лайăх та тĕплĕн туса пырать.

Пурăнмалли çуртсем тăвакан участок начальникĕ А. Никитин юлташ 49-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама «Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕн управляющине Александр Семенович Каплин юлташа кандидата тăратма сĕнет.

Унтан трестри парторганизаци секретарĕ Курапина юлташ сăмах илет. Вăл 50-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама КПСС обкомĕн секретарьне Николай Алексеевич Шмаков юлташа, 51-мĕш суйлав округĕ тăрăх партин Шупашкар хула комитечĕн секретарьне Николай Никитич Никитин юлташа кандидата тăратма сĕнет.

Строительствăра ĕçлекенсем пĕрин хыççăн тепри трибуна умне тухса, 55-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама штукатурсен бригадирĕн Варвара Александровна Прокопьева юлташăн, 43-мĕш суйлав округĕ тăрăх—ФЗО шкулĕн инструкторĕн Михаил Степанович Степанов юлташăн кандидатурисене сĕнеççĕ.

Пуху, пĕр шухăшлă пулса, асăннă юлташсене хула Советне депутата суйлама кандидата тăратма йышăнчĕ.

В. НИКИТИН.

## СТУДЕНТСЕМПЕ НАУКА РАБОТНИКĔСЕН КАНДИДАЧĔСЕМ

Чăвашсен государство ялхуçалăх институчĕн актовăй залне студентсемпе наука работникĕсем тата институтри служащисем пухăнчĕç. Çулпуçсен сăнĕсемпе, лозунгсемпе тата чĕрĕ чечексемпе илемлетнĕ сцена çине институтри партбюро секретарĕ Чернoруков юлташ тухать.

— Пирĕн,—тет Черноруков юлташ,—паян Шупашкар хула Советне 4-мĕшпе 5-мĕш суйлав округĕсем тăрăх депутата суйлама кандидатсем тăратмалла.

— Эпĕ,—тет аслă преподаватель П. Е. Егоров,—Шупашкар хула Советне депутата суйлама хамăр институтран марксизм-ленинизм тата политикăллă экономи кафедрин заведующине, экономикăллă наукăсен кандидатне П. Л. Лебедев юлташа кандидата тăрататăп. Эпĕ Лебедев юлташ пирĕн шанчăка тÿрре кăларасса шанса тăратăп.

Пуху Шупашкар хула Советне 4-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама П. Л. Лебедев юлташăн кандидатурине пĕр кăмăллă пулса йышăнать тата унтан депутата суйланма килĕшÿ пама ыйтать.

4-мĕш суйлав округĕ тăрăх ялхуçалăх институтĕнчен доверуннăй пулса ĕçлеме пуху ялхуçалăх наукисен кандидатне Т. А. Кружилин юлташа суйлать.

5-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Л. А. Пельцих профессор ялхуçалăх институт директорĕн, ялхуçалăх наукисен кандидачĕн—Г. И. Калинцев юлташăн кандидатурине тăратать.

Пуху Г. И. Калинцев кандидатурине 5-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама пĕр кăмăллă пулса йышăнчĕ тата унтан депутата суйланма килĕшÿ пама ыйтрĕ.

5-мĕш суйлав округĕ тăрăх доверуннăй пулса ĕçлеме пуху спецкафедрăн аслă преподавательне—Г. М. Сорокин юлташа суйларĕ.

## Халăхăн чи лайăх представителĕсем

ЕТĔРНЕ. Районти ĕçсыннисем, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, выранти Советсене депутата суйлама рабочисемпе колхоз хресченĕсен тата интеллигенцин малта пыракан представителĕсене, Ленин — Сталин партийĕн ĕçне чунтан парăннă çынсене кандидата тăратаççĕ.

Палтай ялĕнчи хресченсен суйлав умĕнхи пухăвĕ пысăк активлăхпа иртрĕ. Унта И. Охтеров колхозник çапла каларĕ:

— Павел Данилович Данилов юлташ çамрăк ăрăва воспитани парас тĕлĕшпе пирĕн ялти вăтам шкулта вунă çул ытла ĕçлет. Вăл халăха çутта кăларас ĕçре пĕтĕм вăйне, пĕлĕвне парса ĕçленине эпир пурте лайăх пĕлетпĕр. Вăл — ялти активлă общественник. Эпир ăна район Советне депутата суйлама кандидата тăратса, питĕ тĕрĕс тăватпăр. Пирĕн шанăça вăл яланах тÿрре кăларĕ.

Г. Мардарейкин, Ф. Рыбаков тата ыттисем те Охтеров юлташăн сĕнĕвне ырларĕç. Пуху, пĕр шухăш-кăмăлпа, П. Данилов учителе район Советне депутата суйлама кандидата тăратма йышăнчĕ.

Чурпай ялĕнчи колхозниксем район Советне депутата суйлама кандидат тăратасси çинчен сÿтсе явма пуçăнсан, чи малтанах, Тимирязев ячĕпе тăракан колхозри колхозник-опытник Георгий Степанович Скворцов юлташ ятне асăнчĕç. Вăл нумай çул хушши ĕнтĕ тухăçлă тырпул ÿстерес, тырăсен сортне аванлатас тĕлĕшпе опытлă ĕçсем тăвать, малта пыракан совет агрономи наукин вĕрентнине пурнăçлас тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса ĕçлет. Вата колхозник-опытнике ку таврара пурте хисеплеççĕ. Пуху Скворцов юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕ.

Етĕрнери çу кăларакан тата олифа тăвакан заводри рабочисем тата инженерсемпе техниксем завод директорне Б. Смоленцев юлташа, Тури Мучарти хресченсем Ленин ячĕпе тăракан колхозри сурăх ферминче ĕçлекен М. Федорова колхозницăна, Уйкас ялĕнчи хресченсем райсовет исполкомĕн председательне Ф. Кочергина юлташа, Мăн Сĕнтĕр ялĕнчи хресченсем «Родина» колхоз председательне Клинов юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Суйлав умĕнхи пухусем пур çĕрте те политикăллă пысăк активлăхпа иртрĕç. Районти ĕçсыннисем суйлав кунĕ тĕлне çуракине хатĕрленсе çитме, вăрман хатĕрлемелли плана тултарма пулса обязательствăсем илчĕç.

А. ЧЕХОНИН.
Н. ПУШКИН.

## Ĕçри хастарлăх

СĔНТĔР. «Броневик» ялхуçалăх артелĕн членĕсем ĕçсынни депутачĕсен выранти Совечĕсене суйламалли куна [illegible] ĕçсемпе кĕтсе илме хатĕрленессĕ.

Агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă килсенчи суйлавçăсем хушшинче калаçусем ирттерессĕ, хаçатсем вуласа параççĕ, суйлав положенийĕ çинчен, пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре выранти Советсем пысăк выран йышăнса тăни çинчен ăнлантарса параççĕ.

Суйлава хатĕрленнĕ май колхозниксен ĕçри хастарлăхĕ ÿссех пырать. Хĕллехи вăхăтра тумалли агротехникăллă ĕçсен планĕ тăрăх 2.150 тонна тислĕк уя кăларма, 40 центнер кĕл, 20 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухма, 65 гектар çинче юр тытма палăртнă. Колхозниксем çак ĕçсене пурне те выранти Советсен суйлав кунĕ тĕлне туса çитерме обязательство илнĕ, ăна пурнăçлассишĕн халĕ пур бригадăсем те пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Ăмăртура М. Петров юлташ ертсе пыракан иккĕмĕш бригада малта пырать. Ку бригада уя тислĕк кăлармалли плана тултарса çитерет те ĕнтĕ.

Колхоз тимĕрçи С. Цветков юлташ иртен пуçласа çĕрлеччĕнех тимĕрçĕ лаççинче ĕçлет. Вăл плугсене пĕтĕмпех юсаса пĕтернĕ, ытти машинăсене те суйлав кунĕ тĕлне юсаса пĕтерме тăрăшать.

Колхоз сураки валли пур культурăсем тăрăх та лайăх пахалăхлă вăрлăх хывса хатĕрленĕ.

А. СОЛОВЬЕВ.

## Механизаторсен кăмăлĕ

ЙĔПРЕÇ. Вăрманпромхозри рабочисемпе служащисем хăйсен пухăвĕнче район Советне депутата суйлама кандидат тăратас ыйтăва сÿтсе яврĕç.

— Эпĕ Барышев шофера питĕ аван пĕлетĕп, — терĕ Чернореченски автоçул технорукĕ Плешков юлташ. — Вăл йывăç турттарса кăлармалли плана çулсерен ирттерсе тултарать, пур ĕçре те паха тĕслĕхсем кăтартать. Барышев юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратма сĕнетĕп.

Плешков юлташ хыççăн чылай суйлавçăсем хастарлă шофера район Советне депутата суйлама кандидата тăратма кирли çинчен каларĕç.

Ф. Барышев юлташ автоçул çинчи чи хастарлă шоферсенчен пĕри. Вăл «ЗИС-150» автомашина çинче Ф. Кутузов шоферпа улшăнса ĕçлет. Вĕсем çак машинăна капитальнăй ремонт тумасăр 113 пин километр çÿренĕ. Йывăç турттарса кăлармалли задание 125—130 процент таран тултараççĕ. Йĕпреç вăрманпромхозĕнче ĕçлеме пуçланăранпа Барышев шофер 50 пин кубометра яхăн йывăç турттарса кăларнă.

Барышев юлташ Чернореченски автоçул çинче шофер пулса ĕçлеме 1945 çулта тытăннă. Унтанпа вăл çулсеренех йывăç турттарса кăлармалли плана ирттерсе тултарать. Кăçалхи январĕн малтанхи çуруйăхлăхĕнче вăл 250 кубометр ытла йывăç турттарса кăларнă.

Барышев юлташ йывăç турттаракансене хăй пек ĕçлеме хавхалантарать.

Г. РУСАНОВ.

*Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри стахановецсем*

## Надежда Павловна Агашина

Ĕçе тытăнмалли вăхăт çитни çинчен пĕлтерсе, пĕр самантрах шăнкăрав шăнкăртаттарса ячĕ тата электричество лампочки çутăлса кайрĕ. Конвейер линийĕ ĕçлеме пуçларĕ. Куçнă май, конвейер пĕр пуçне хатĕр шкаф тухса тăчĕ. Ытарма çук шкаф! Апла пулсан та ăна çаплипех цехран кăларса яма çук, лакпа сăрласа çутатмалла.



Сăрламалли уйрăмра пульверизатор кабинисем пур. Çак кабинăна вырнаçтараççĕ те ĕнтĕ тин килсе çитнĕ шкафа. Кабина умĕнче аллисене пульверизатор трубкине тытнă хĕрарăмсем тăраççĕ. Пульверизатора вĕсем «пистолет» теççĕ. Çак «пистолет» тытнă хĕрарăмсенчен пĕри комбинатра пурте пĕлекен тата пурте хисеплекен Надежда Павловна Агашина юлташ.

Чунне парса ĕçлет вăл. Хăй ĕçĕнче яланах çĕнĕ майсем шырать, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн куллен тăрăшать. Çапла ĕçленипе вăл çĕнĕ пилĕкçуллăхăн икĕ çулĕ хушшинче 4,97 çулталăк нормине тултарчĕ.

— Мĕнле меслетпе ĕçлетĕр эсир?— ыйтаççĕ хăш чухне Агашина юлташран. Вăл сăмахпа мар, ĕçлесе кăтартса ответ парать.

— Акă, курса тăрăр, ĕçлеме питĕ ансат, тет вăл.

Агашина юлташ хăйĕн «ансат» ĕçне тума тытăнать. Унăн кашни хусканăвĕнче ĕçе çав тери хăнăхса çитни сисĕнет: кашни хусканăвĕ унăн тĕрĕс, алли-ури вишеллĕ куçать, калăн, урăх малалла куçма юрамасть, тейĕн. Пĕтĕм ĕçĕн «секречĕ» çакăнта иккен.

Акă вăл хăйне пулăшакан Мария Дужникова пĕчĕк урапапа илсе пынă шкафа йăпăрт кăна кабинăна кĕртсе тăратрĕ. Мария Дужникова урапана аяккалла илсе лартиччен Надежда Павловна, «пистолета» алла илсе, шкафăн пĕр аяккине сăрласа та пĕтерчĕ. Çак икĕ ĕçе тума—кабинăна кĕртсе лартма тата шкафăн пĕр аяккине сăрлама—25 секунд иртрĕ. Ку ĕçе тума ытти лакировщицăсен 30—36 секунд иртет.

Надежда Павловна шкаф вырнаçтарнă çаврашка тимĕр ывсăна сылтăм урипе çаврăтса, шкафа хăй енне пăхтарчĕ. Унтан сулахай аллипе (сылтăм аллинче унăн «пистолет») шкафăн сылтăм алăкне уçать те, алăкăн шал енне сăрлама тытăнать. Ку ĕçе 24 секундра тăвать. Çак ĕçех ытти лакировщицăсем 27—37 секундра тăваççĕ.

Сылтăм алăкĕн шал енне сăрласа пĕтернĕ хыççăн. Агашина каллех сулахай аллипе шкафăн сулахай алăкне уçать. «Пистолетпе» ĕçе ярать те алăк хĕррине сăрласа тухать. Сисĕнмесĕрех алăкăн шал енне сăрлама куçать, унтан шкафăн сулахай енне шалтан сăрлама тытăнать. Çак вăхăтра ăна пулăшакан Мария Дужникова шăп кăна сылтăм алăка пырса хупать.

— 20 секунд...— терĕ сăнаса тăракан, цехри нормировщик В. Лаврентьев юлташ.

Шкафăн сылтăм алăкĕ те хупăнчĕ, шкафа шал енчен сăрланă. Тулашĕнчен сăрласси юлчĕ. «Пистолета» ĕçе ярса Надежда Павловна сылтăм алăка, унтан варринчи стенкăна, ун хыççăн сулахай алăка сăрлать. Шкаф калпакне, аялти ещĕк стенкисене сăрласа пĕтериччен 20 секунд иртрĕ. Ку ĕçе ытти лакировщицăсем 27—48 секундра тăваççĕ.

Ĕç пĕтмен-ха. Шкафăн сылтăм айкки сăрланмасăр юлнă вĕт-ха. Агашина шкаф вырнаçтарнă ывсăна урапа çаврать те, сылтăм айккине, шкаф урисене сăрлама тытăнать. Çак вăхăтра Мария Дужникова ун патне пĕчĕк урапа пырса лартать. Иккĕшĕ харăс тытса шкафа кабинăран тÿрех урапа çине хураççĕ,— кунта 27 секунд иртрĕ.

Мĕншĕн-ха кашни утăмнех виçмелле, тейĕç вулакан юлташсем. Виçмеллех çав. Кашни хусканăва секундпа е секунд шайĕпе виçмесен, Агашинăн «ансат» ĕçĕ те ансат пулаймасть.

Пĕр шкафа пĕтĕмпех сăрласа пĕтерме Агашина юлташа 1,95 минут кирлĕ! Нормăпа 3,88 минут пăхнă.

Çĕнĕ пилĕкçуллăх план кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама совет çыннисем усă курман резервсене палăртаççĕ. Нумаях пулмасть Мускаври станоксем тăвакан «Красный пролетарий» заводри токарьсем Нина Юшина, Анастасия Малютина тата Олег Саранцев юлташсем производство циклне чакарассишĕн социализмлă ăмăрту пуçарса ячĕç. Вĕсен примерĕпе Н. Агашина юлташ хăйĕн ĕçĕнче çĕнĕ ÿсĕм тума—шкаф сăрлама кирлĕ вăхăта тата чакарма ĕмĕтленет.

Н. Агашина юлташпа пĕрле сакăр çын ĕçлет. Вĕсем пурте хăйсен юлташĕнчен вĕренсе пыраççĕ. Агашина меслечĕпе ĕçленине пула участокра ĕç тухăçлăхĕ 17—29 процент таран ÿсрĕ. Акă вăл кашни хусканăва секундпа виçсе ĕçленин результачĕ!

Çĕмĕрле комбинат коллективĕ Агашина юлташа хула Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕ.

Е. АФАНАСЬЕВ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

## „Селекци станцийĕнче критикăпа самокритикăна сармаççĕ"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 1952 çулхи декабрĕн 27-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Селекци станцийĕнче критикăпа самокритикăна сармаççĕ» ятлă статья пирки КПСС Çĕрпÿ райкомĕ çапла пĕлтерчĕ:

Статьяна селекци станцийĕнчи пуçламăш парторганизаци пухăвĕнче тата КПСС райкомĕн бюровĕнче сÿтсе явнă. Статья тĕрĕс.

Райком бюровĕ КПСС членĕн Лукьяненко юлташăн çитменлĕхсене кăтартса панă тата çав çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме хушнă. Пуçламăш парторганизаци секретарьне Котлов юлташа парторганизаци, селекци станцийĕн тата уйрăм работниксен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çийĕнчех палăртса пĕтерсе пыма критикăна самокритикăна анлăн сарма хушнă.

# Суйлав кампанийĕ тата выранти пичет

Выранти Советсене суйлама хатĕрленнĕ тапхăрта пичет умне пысăк тата пархатарлă задачăсем тухса тăчĕç. Пирĕн пичет—коллективлă пропагандист, агитатор тата массăсен организаторĕ—партин аллинчи чи вăйлă тата чи çивĕч хĕçпăшал пулса тăрать.

Районсенчи тата хуласенчи хаçатсен хальхи вăхăтри тĕп задачи—коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене, халăхсен аслă çулпуçĕн И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ çĕнĕ произведенине тата вăл съездра тухса каланă сăмаха тивĕçлипе пропагандăласси, çапла вара ĕçсыннисене пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче тата пысăкрах çитĕнÿсем тума мобилизацилесси.

Выранти пичетĕн ĕçсыннисен суйлавсем умĕнхи политикăллă тата производствăллă çĕкленĕвне анлăн çутатмалла. Партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă историллĕ задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн пыракан аслă кĕрешÿре совет çыннисем çĕнĕрен çĕнĕ, этемлĕх халиччен курман тĕлĕнмелле чаплă çитĕнÿсем тăваççĕ. Ĕçре паттăрлăхпа пуçарулăх кăтартакансен—стахановецсен нумай пинлĕ çарĕ кунтан-кун ÿссе пырать. Хаçатсен производствăра малта пыракансен паха опытне анлăн сармалла, рабочисемпе ялхуçалăх ĕçченĕсене социализмлă ăмăрту ялавне çÿлĕрех çĕклеме хавхалантармалла.

Пирĕн республикăра малта пыракансен опытне сарас ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартакан район тата хула хаçачĕсем сахал мар. Улатăрти «Ленинский путь» хаçат чугун çул транспортĕнче, вăрман хатĕрлевĕнче тата хулари ытти предприятисенче ĕçлекенсен производствăри ÿсĕмĕсем çинчен тăтăшах çырать, стахановецсен ĕç меслечĕсене тарăннăн уçса кăтартать.

Вăрнар районĕнчи «Социализм çулĕпе» хаçат ялхуçалăх ĕçченĕсем тунă çитĕнÿсемпе вулакансене тăтăшах паллаштарать, çуракине хатĕрленес тата коммунизм стройкисем валли йывăç хатĕрлемелли плана пурнăçлас ĕçсем мĕнле пулса пынине тĕплĕн кăтартакан статьясемпе корреспонденцисем пичетлет.

Канаш районĕнчи «Коммунизмшăн» хаçат Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн пыракан социализмлă ăмăртура МТС-ри механизаторсемпе колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх работникĕсем иртнĕ çулта тунă çитĕнÿсене тарăннăн çутатас тĕллевпе ятарласа хатĕрленĕ полосасем пичетлет. Хаçатăн çак çулхи январĕн 1-мĕшĕнче тухнă номерĕнче «Çĕнĕ çулхи çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн» темăпа полоса кăларнă. Унта «Комсомол» колхозри уй-хир бригадин бригадирĕ А. Дмитриев, Жданов ячĕпе тăракан колхозри кайăк-кĕшĕк фермин заведующийĕ А. Шемякова, Н. Волков агроном-пчеловод тата сăнавлă участок заведующийĕ В. Ильина юлташсем хăйсен çитĕнĕвĕсемпе паллаштараççĕ.

Анчах та хăшпĕр хаçатсем хăйсен пирвайхи тивĕçне — малта пыракансен опытне пропагандăлассине майĕçа хăвараççĕ. Производствăпа çыхăннă ыйтусене уйрăммăнах «Сталин ялавĕ» (Тăвай районĕ), «Колхозная правда» (Кувакино районĕ), «Социализмлă ĕç» (Çĕмĕрле районĕ) хаçатсем çителĕксĕр çутатаççĕ. Сăмахран, «Социализмлă ĕç» хаçатăн январĕн 1—15-мĕш кунĕсенче кăларнă 4 номерте асăннă темăпа мĕн пурĕ те икĕ пĕчĕк информаци кăна пичетленĕ. Çакă вăл КПСС Çĕмĕрле райкомĕ хăйĕн хаçачĕпе усă курма тăрăшманни çинчен калать.

Малта пыракансен опытне сарнипе пĕр вăхăтрах, выранти пичет страницисенче ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса памалла, критикăпа самокритикăна аталантарма пулăшмалла. Район хаçачĕсенче вăрман хатĕрлев планне тултарас, çуракине хатĕрленес, общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле пулса пынине кăтартакан статьясемпе заметкăсем тăтăшах пичетлемелле.

Районти тата хулари хаçатсен суйлав умĕнхи партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе тивĕçлипе çутатмалла, ĕçсыннисем хушшинчи агитациллĕ-массăллă ĕçе организацилес тĕлĕшпе предприятисенчи, колхозсенчи, учрежденисенчи пуçламăш парторганизацисене куллен пулăшмалла. Хаçатсенче коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене, аслă çулпуçăн И. В. Сталин юлташăн гениллĕ çĕнĕ произведенине, ССР Союзĕн Конституцине, суйлав законне пропагандăламалла, агитпунктсен ĕçне анлăн çутатмалла.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пропагандăлас тĕлĕшпе Чкаловски районĕнчи «Коммунизм ялавĕ», Канаш хулинчи «Сталинский путь» хаçатсем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. «Коммунизм ялавĕ» хаçат январĕн 4-мĕшĕнче агитаторсене пулăшма «Ĕçсыннисемшĕн сталинла тăрăшни» темăпа полоса кăларнă. Асăннă полосăра пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем умĕнче пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тăракан задачăсем çинчен уççăн ăнлантарса панă. «Сталинский путь» агитпунктсемпе агитколлективсен тата культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçне тĕплĕн çутатать.

Калас пулать, чылай районсенчи хаçатсем суйлав умĕнхи агитациллĕ-массăллă ĕçе питех те сиелтен çутатаççĕ, агитаторсен ĕçри опытне пĕтĕçтермеççĕ. Куснашкал хаçатсен шутне Калинино районĕнчи «Сталин çулĕпе», Йĕпреç районĕнчи «Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн», Елчĕк районĕнчи «Колхоз ялавĕ» хаçатсем кĕреççĕ. Асăннă хаçатсем лекцисемпе калаçусем ирттерни çинчен калакан кĕске заметкăсем пичетленипех лăпланнă. Çакă вăл КПСС Калинино, Елчĕк, Йĕпреç райкомĕсем хăйсен пичет органĕсен ĕçĕпе çителĕксĕр интересленнинчен, хаçат редакцийĕсене тивĕçлипе ертсе пыманнинчен килет.

Çак кунсенче ĕçсынни депутачĕсен выранти Совечĕсене суйлама кандидатсем тăратас ĕç пуçланчĕ. Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн агитацилесси выранти пичетĕн хисеплĕ тивĕçĕ пулса тăрать. Хаçатсен кандидатсемпе тĕплĕн паллаштармалла.

Выранти пичетĕн суйлава хатĕрленнĕ тапхăрти организациллĕ-техникăллă ĕçсем çинчен те манма юрамасть. Суйлавçăсен списокĕсене тăвасси, вĕсене тĕрĕслесси, сасăламалли пÿлĕмсене хатĕрлесси тата ытти организациллĕ-техникăллă ĕçсене пурнăçласси мĕнле пулса пынипе хаçатсен куллен интересленмелле.

Суйлав ирттерме хатĕрленнĕ тапхăрти партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçсен тĕп тĕллевĕ — выранти Советсемпе ĕçсыннисен анлă массисем хушшинчи çыхăнăва тата ытларах çирĕплетесси, ял, поселок, хула, район Совечĕсен ĕçне лайăхлатасси. Ку тĕлĕшпе те выранти пичет умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Хаçатсенче выранти Советсен ĕçне тĕплĕн тишкермелле, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартмалла. Калас пулать, пирĕн хаçатсем ял тата поселок Совечĕсен, хула, район Совечĕсен исполкомĕсен пайĕсен ĕçне питех те çителĕксĕр çутатаççĕ-ха. Ку вăл, чи малтан, хаçат редакцийĕсем выранти Советсен ĕçĕсемпе интересленменнинчен, совет активĕпе хаçат хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме тăрăшманнинчен килет. Хаçатсенче выранти Советсен ĕçне малалла лайăхлатса пырас тĕлĕшпе суйлавçăсем паракан сĕнÿсене, суйлавçăсен наказĕсене, депутатсен отчечĕсене пичетлени кирлĕ.

Районти тата хулари хаçатсем предприятисенче, колхозсенче тата учрежденисенче тухса тăракан стена хаçачĕсене куллен пулăшса тăма тивĕçлĕ. Стена хаçачĕсен ĕçне тĕплĕн тишкермелле, редколлегисене пичет ĕçне йĕркелесе яма вĕрентмелле. Хаçат редакцийĕсен стена хаçачĕсемпе боевой листоксен редакторĕсен канашлăвĕсене тăтăшах ирттермелле.

Пирĕн пичетĕн вăйĕ — ĕçсыннисен анлă массисемпе тачă çыхăну тытнинче. Корреспондентсен çирĕп активĕ пулсан кăна массăсен ыйтăвĕсене тивĕçтерекен хаçат кăларма пулать. Çакна Вăрнар районĕнчи «Социализм çулĕпе» хаçат редакцийĕн опычĕ лайăх çирĕплетсе парать. Асăннă хаçат редакцийĕ (редакторĕ Е. Волков юлташ) ялкорсемпе стена хаçачĕсен редакторĕсен канашлăвĕсене тăтăшах ирттерет, вĕсене хаçатра пичетлеме палăртнă темăсемпе тĕплĕн паллаштарать. Редакци нумаях пулмасть хăйĕн корреспонденчĕсене пухса партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе пичет умĕнче тăракан задачăсем çинчен сÿтсе явнă.

КПСС район тата хула комитечĕсен хăйсен пичет органĕсене куллен ертсе пымалла, хаçат редакцийĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

А. СЕМЕНОВ.

# В. И. Ленина хисеплесе асăнаççĕ

### КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЧЕ

ШАНХАЙ, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Китайри ĕçсыннисем пролетариатăн аслă сулпуççине учительне Владимир Ильич Ленина чун-чĕререн хисеплесе асăнаççĕ.

Паян «Лаодунбао» хаçат Владимир Ильич Ленинăн пурнăçĕнчи уйрăм самантсене кăтартса паракан фотоўкерчĕксем пичетленĕ. Январĕн 20-мĕшĕнче Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин Шанхайри уйрăмĕнче пуху пулать. Унта В. И. Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕ çинчен доклад туса парассĕ.

Предприятисенче, учрежденисемпе шкулсенче докладсем тăваççĕ. Пропагандистсене пулăшас шутпа, Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществи В. И. Ленин биографине пичетлесе кăларнă. Шанхайра В. И. Ленин пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсене кăтартса паракан темиçе фотовыставка тăваççĕ.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче Аслă Ленин вилнĕрене 29 çул тултарни çинчен каласусем, лекцисемпе докладсем иртереççĕ. Ялсенче тата хуласенче В. И. Ленин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен кăтартса паракан фотовыставкăсем организациленĕ. Çак кунсенче пиншер рабочисемпе хресченсем тата служащисем Совет Союзĕнче кăларнă «Ленин в Октябре», «Ленин в 1918 году», «Человек с ружьем», «Клятва» ятлă кинофильмсене пырса курнă.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ çулта Корейăри Ĕçлĕх партийĕн издательстви В. И. Ленинăн «Мĕн тумалла?», «Пĕр утăм малалла, икĕ утăм каялла», «Государство тата революци», «Коммунизмри «сулахайлăхăн» ачалла чирĕ», «Совет влаçĕн черетлĕ задачисем», «Империализм—капитализмăн чи çўлти сыпăкĕ» ятлă ытти произведенийĕсене те пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă.

Унсăр пусне, В. И. Ленинăн суйласа илнĕ произведенийĕсен икĕ томне, çавăн пекех В. И. Ленин пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен калакан кĕнекесем пичетлесе кăларнă.

### АЛБАНИ

ТИРАНА, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнчери пролетариатăн сулпуççи Владимир Ильич Ленина хисеплесе асăнса, Ленин кунĕсенче Албани столицинче тата район центрĕсенче хурлăхлă-чаплă пухусем иртереççĕ. Вăл пухусенче Ленин çинчен докладсем тăваççĕ, унăн биографийĕнчи уйрăм вырăнсене, Ленин çинчен çырнă сăвăсене вуласа параççĕ.

Ленин кунĕсенче çĕршыври экрансем çинче «Ленин в Октябре», «Ленин в 1918 году», «Человек с ружьем», «Клятва» тата ытти кинофильмсене те кăтартаççĕ. Албанири радио аслă Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен ятарласа передачăсем йĕркелет.

## Албанире КПСС XIX-мĕш съездĕн материалĕсене вĕренеççĕ

ТИРАНА, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Албанири мĕнпур районсенче парти пуçламăш организацийĕсен пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Вĕсенче КПСС XIX-мĕш съездĕн материалĕсене сўтсе яваççĕ.

Парти пуçламăш организацийĕсен пухăвĕсенче парти членĕсен активлăхĕ пысăк. Парти членĕсем хăйсен сăмахĕсенче çакна палăртаççĕ: Сталин юлташ съездра калани историллĕ сăмах вĕсене парти ĕçĕнче питĕ пысăк пулăшу парать.

Çак кунсенче XIX-мĕш съездăн материалĕсене решенийĕсене парти шкулĕсенче вĕренме тытăннă. Ĕçсыннисен массисене съезд документĕсемпе паллаштарас шутпа лекцисем йĕркелеççĕ. Тирана хулинче ун пек лекцисене пысăк промышленность предприятийĕсенче иртереççĕ.

## Центральнăй халăх правительстви Совечĕн решенине ырлаççĕ

ПЕКИН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат çапла пĕлтерет: Синьцзян провинцийĕнчи пур халăхсем те Центральнăй халăх правительстви совечĕ кăçал халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне тата халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене пухасси çинчен йышăннă решение чĕререн ырлаççĕ.

Синьцзян провинцийĕнчи халăх правительствин председателĕ Бурхан çапла каланă: халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне тата халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене пухасси Китай халăхĕн ĕмĕрхи ĕмĕчĕ пулнă. Эпĕ Синьцзян провинцийĕн 5.300 пин çын ячĕпе çак аслă решение чун-чĕререн ырлатăп, тенĕ Бурхан.

Синьцзян провинцийĕнчи хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕн председателĕн заместителĕ Лашихта çакна кăтартса панă: халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне тата халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене пухасси çинчен решени йышăнни Синьцзян хĕрарăмĕсене тăван çĕршыв пулăшĕшĕн тата активлăрах ĕçлеме хавхалантарать.

Январĕн 18-мĕшĕнче Пекин хулинче халăх работникĕсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Пухура тухса калакансем халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне тата халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене пухасси çинчен йышăннă решение питĕ пысăк ĕç пек пулса ырланă. Наука работникĕсем Центральнăй халăх правительстви совечĕн решенийĕ: вĕсем Китай Халăх Республикинче питĕ пысăк строительство планĕсене ăнăçлă пурнăçа кĕртессишĕн мĕнпур вăя хурса ĕçлĕç.

### МОНГОЛИПЕ КИТАЙ ХУШШИНЧЕ ПОЧТĂПА ТЕЛЕГРАФ ÇЫХĂНĂВĔСЕМ ÇИНЧЕН ТУНĂ КИЛĔШУСЕМ ÇИНЕ АЛĂ ПУСНĂ

ПЕКИН, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 16-мĕшĕнче Пекинра Китай Халăх Республикипе Монголи Халăх Республики хушшинче почтăпа телеграф çыханăвĕсем çинчен тунă килĕшўсем çине алă пуснă. Ку килĕшўсем çине Китай ячĕпе Китай Халăх Республикин почтăпа телеграф министрĕ Джу Сюэ-фань, Монголи Халăх Республики ячĕпе — Монголин Китайри посолĕ Жаргалсайхан алă пуснă.

### ИРАН МЕДЖЛИСĔНЧЕ

ТЕГЕРАН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Тегеранри радио пĕлтернĕ тăрăх, меджлисăн каçхине черетсĕр ларăвĕ пулнă. Ларура Мосаддык правительствине панă чрезвычайнăй полномочисене тăсасси çинчен калакан закон проектне çирĕплетнĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Кымхва районĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсене хирĕç çапăçнă. Тăшманăн пĕр полкĕ, танксемпе артиллери пулăшнипе, темиçе хутчен хаяр атакăсем тунă. Анчах тăшманăн каялла чакма тивнĕ, ăна пысăк çухатусем кўнĕ.

Зенитнăй чаçсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ўкернĕ.

## Американецсем Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусене тепĕр хут чарса лартма хăтланнă

### Синьхуа агентстви пĕлтерни

ПЕКИН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Америкăн çыхăну офицерĕ Кэрлок перемири çинчен пыракан калаçусене тепĕр хут чарса лартма хăтланнă. Вăл январĕн 15-мĕшĕнче Корейăпа Китай делегацийĕсене вĕсен Кэсонпа Пхеньян хушшинче кашни кунах çўрекен автотранспортне тивме юраманни çинчен йышăннă килĕшĕве пăрахăçа кăларни çинчен пĕлтернĕ.

Америкăн çыхăну офицерĕн çырăвĕнче çапла каланă: январĕн 25-мĕшĕнчен пуçласа Корейăпа Китай делегацийĕн автотранспорчĕ никам та пырса тĕкĕнме юраманни çинчен калакан правăпа эрнере пĕр кун хушши кăна усă курать. Çак ирсĕр ĕç, тĕрĕссипе илсен, килĕшĕве пăрахăçа кăларниех пулать. Вăл американецсем çĕнĕрен сĕмсĕр ĕç тунине пĕлтерет.

## Америка авиацийĕ тискеррĕн бомбăсем пăрахать

ПХЕНЬЯН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Пхеньянпа Корейăри ытти мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахма тата пулеметсенчен пеме чарăнмасть. Январĕн 17-мĕшĕнчи каç Америкăн «вĕçекен крепость» йышши бомбардировщикĕсем Пхеньян çине каллех тискеррĕн пырса тапăннă. Сывлăшри вăрă-хурахсем хула çине икĕ сехете яхăн бомбăсем пăрахнă. Мирлĕ çынсен землянкисемпе пурăнмалли çурт-йĕрĕсене нумай аркатнă. Хĕрарăмсемпе ачасем нумай вилнĕ. Хулан тĕрлĕ районĕсем çине, уйрăммăнах Морабон сăрчĕн районĕ çине тапăннă вăхăтра, нумай вăхăт хушши иртсен тин çурăлакан бомбăсем нумай пăрахнă.

Иккĕмĕш хут пырса тапăннă чухне Америкăн «вĕçекен крепоçĕсем» Чунхва уезчĕ çине, хресченсен çурчĕсем çине бомбăсем пăрахнă. Вилнисемпе аманнисем пур.

## Англире миршĕн тăракансене хĕсĕрлеççĕ

ЛОНДОН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, халăхсен мире хўтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресĕн делегачĕ пулнă Роланд Уолтона коопераци партийĕн вырăнти организацийĕнчен кăларнă.

Англири центральнăй графствăсенчи коопераци партийĕн районти организацийĕн представителĕ Шепорд Уолтона партирен Конгресс ĕçне хутшăннăшăн кăларни çинчен çирĕплетсе каланă.

# Чехословакири миршĕн тăракансен иккĕмĕш съезчĕ

ПРАГА, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прагăра Чехословакири миршĕн тăракансен иккĕмĕш съезчĕ уçăлнă.

Съезд столицăри «Виноградска соколовна» ятлă залра пулса иртет. Съезда халăхăн тĕрлĕ сийĕсенчен—рабочисемпе хресченсенчен, интеллигенцирен, тĕрлĕ чиркўсенчен—суйласа янă 1.600 делегат пынă. Делегатсемсĕр пуçне съездра хăнасем нумай. Вĕсем хушшинче — Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн, Китай Халăх Республикинчи, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи, Болгари Халăх Республикинчи, Италири миршĕн тăракансен комитечĕсен представителĕсем пур.

Чехословакири миршĕн тăракансен комитечĕн председателĕ Анежка Годинова-Спурна кĕске сăмах каланă хыççăн, съездра Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата правительство ячĕпе премьер-министр заместителĕ тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Вилем Широкий саламлă сăмах тухса каланă. Совет Союзĕнчи мире хўтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетран илнĕ саламлă çырăва вуласа панă. Ăна вуланă чухне съездра пулнисем тăвăллăн алă çупнă.

Ун хыççăн Наци фрончĕн ĕç тăвакан Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ, Наци пухăвĕн председателĕ Олдржих Йон сăмах илнĕ. Вăл хăйĕн сăмахĕнче Совет Союзĕ вăрçа сирсе ярас тата пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварас çĕрте питĕ пысăк ĕç тунине палăртнă. Олдржих Йон сăмах каланă вăхăтра съездра пулнисем темиçе хутчен тăвăллăн алă çупнă.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн секретариачĕ ячĕпе унăн генеральнăй секретарĕ Жан Лафитт съезда саламланă. Вăл çакна шанса тăнине палăртнă: Чехословакири миршĕн тăракансем, халăхсен мире хўтĕлес тĕлĕшпе Венăра пулса иртнĕ Конгресĕн решенийĕсем тăрăх ĕçлесе пырса, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешĕве çĕрте пысăк ĕç тăвĕç. Ораторсем сăмах тухса каланă вăхăтра залра Совет Союзне, И. В. Сталин юлташа хисеплесе темиçе хутчен нумайччен тăвăллăн алă çупнă.

Паян съезд участникĕсем Анежка Годинова-Спурна «Чехословакири миршĕн тăракансен ĕçĕсемпе вĕсен умĕнче тăракан малашнехи задачăсем çинчен» тунă доклада пысăк тимлĕхпе итленĕ.

Чехословакири миршĕн тăракансен иккĕмĕш съезчĕн кăнтăрлахи ларăвĕ Китай Халăх Республикинчи миршĕн тăракансен представителĕ Ли И-ман саламлă сăмах тухса каланипе пуçланнă.

Ун хыççăн Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕ тата Чехословакири миршĕн тăракансен комитечĕн президиумĕн членĕ Вацлав Боучек «Миршĕн тăракансен пĕтĕм тĕнчери юхăмĕ тата халăхсен мире хўтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕ» ятлă доклад туса панă.

Боучек доклачĕ хыççăн пренисем пуçланнă.

Чехословакире миршĕн тăракансен иккĕмĕш съездне Италири, Болгарири тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи миршĕн тăракансен юхăмĕн представителĕсем саламланă.

ПРАГА, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Икĕ кун хушши ĕçленĕ хыççăн Чехословакири мире хўтĕлекенсен иккĕмĕш съезчĕ паян хупăннă.

Съезд Чехословаки халăхĕ пĕр кăмăллă пулса мир ĕçне çирĕплетме хатĕр пулнине кăтартса панă. Чехословакири миллионшар граждансен ячĕпе съезд делегачĕсем халăхсен мире хўтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕн решенийĕсем майлă пулнине тата ку решенисене пурнăçа кĕртессишĕн çине тăрса кĕрешме хатĕррине кăтартнă.

Юлашки ларура съездра пулнисем тăвăллăн алă çупса Пĕтĕм тĕнчери Мир Советне тата Совет Союзĕнчи мире хўтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитета саламлă çырусем яма йышăннă.

Ун хыççăн Чехословакири миршĕн тăракансен комитечĕн членĕсене суйланă.

Съезд участникĕсем Чехословакири пĕтĕм граждансене чĕнсе калани йышăннă.

Съезд хăйĕн ĕçне вĕçлесен, делегатсемпе хăнасем миршĕн тăракансен пĕтĕм тĕнчери лагерьне саламласа нумайччен тăвăллăн алă çупнă. Пур делегатсем те ура çине тăнă. Залра «Сывă пултăр пĕтĕм тĕнчери мир!», «Сталин—Готвальд—мир!», «Сывă пултăр Совет Союзĕ!», «Сывă пултăр Сталин юлташ!» тесе хыттăн кăшкăрнисем илтĕннĕ.

### ХАЛĂХСЕН МИРЕ ХЎТĔЛЕС ТĔЛĔШПЕ ПУЛСА ИРТНĔ КОНГРЕСĔН РЕШЕНИЙĔСЕНЕ ĂНЛАНТАРАÇÇĔ

РИМ, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Паэзе сера» хаçатăн корреспонденчĕпе калаçнă хыççăн, парламент депутачĕ, христианла демократ пулнă Раффаеле Терранова çапла пĕлтернĕ: халăхсен мире хўтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕн решенийĕсемпе пĕтĕм Италири ĕçсыннисем кăна интересленеççĕ. Халăхсен мире хўтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресне хутшăннă Итали делегачĕсем Конгресс решенийĕсене ăнлантарас тĕлĕшпе анлă кампани иртерме решени йышăннă.

Терранова çакна палăртнă: католиксен нумай представителĕсем пĕтĕм тĕнчери сивĕч лару-тăрăва çăмăллатассишĕн тухса калани хальхи вăхăтра уйрăммăнах пысăк вырăн йышăнать. Терранова çапла каланă: «Венăра эпир нумай япала çинчен пĕлтĕмĕр. Чи малтан эпир ырă шухăш-кăмăлпа тата миршĕн тăракан ирĕк-шухăша ĕненме вĕрентĕмĕр. Вăл ирĕк-шухăш миллионшар çынсене хавхалантарать».

### НОРВЕГИРИ ЛОЦМАНСЕН ЗАБАСТОВКИ МАЛАЛЛА ПЫРАТЬ

ОСЛО, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Лоцмансен забастовки малалла пырать. Портсенче суднăсем çўретес ĕç чарăнса ларасси патнех çитни çинчен Норвегин пур кĕтесĕсенчен те хыпарсем килеççĕ.

Норвегири профсоюзсен пĕрлешĕвĕн секретариачĕ, Норвеги правительстви пекех, забастовка законлă мар, тесе пĕлтернĕ. Анчах лоцмансен профсоюзĕн правленийĕ лоцмансен ĕç укçине ўстересси çинчен лартнă требование тивĕçтериччен забастовка тума чарăнмалла мар, тесе решени йышăннă.

ОСЛО, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Норвегири мĕнпур портсенче лоцмансен забастовки малалла пырать. Çавна май Норвегири профсоюзсен пĕрлешĕвĕ арбитраж комитечĕ тăвасси çинчен çĕнĕ решени йышăннă. Премьер-министр Торп çапла каланă: правительство лоцмансен забастовки çинчен январĕн 20-мĕшĕнче пулакан ларура пăхса тухать.

### ДОКЕРСЕМ ÇАР МАТЕРИАЛĔСЕНЕ ПУШАТМА КИЛĔШМЕН

ПАРИЖ, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Оранри (Алжир) шахтерсем порта Марсельрен илсе пынă авиаци бомбисене пушатма килĕшмен.

## СПОРТ

### „Колхозник" спорт обществин хĕллехи спартакиади

Январĕн 17—18-мĕшĕсенче Шупашкарта колхозсенчи спортсменсен хĕллехи спартакиади пулса иртрĕ. Спартакиадăна районсенчи ăмăртусенче мала тухнă йĕлтĕрçĕсем, конькипе ярăнакансем 163 çын хутшăнчĕç.

Йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕ Атăл леш енчи илемлĕ вырăнта, Учительсен канмалли çурчĕ çывăхĕнче пулса иртрĕ. Малтанхи кун арçынсем 18 километр, хĕрарăмсем—5 километр ăмăртса чупрĕç. Чкаловски районĕнчи «Восток» колхоз членĕ Улангин 18 километр хушшине 1 сехет те 12 минут та 42 секундра чупса тухрĕ. Романов (Етĕрне районĕ) иккĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Вăйлă йĕлтĕрçĕ Васильев юлташăн (Вăрмар районĕ) çул çинче пынă чухне йĕлтĕр патакки хуçăлнă, çавăнпа вăл виççĕмĕш вырăн çеç йышăнма пултарчĕ. «Колхозник» спорт обществинчи паллă йĕлтĕрçĕсенчен пĕри Смольников юлташ (Çĕмĕрле районĕ) тăваттăмĕш вырăна тухрĕ.

Хĕрарăмсем 5 километр ăмăртса чупнă чухне Патăръелĕнчи вăтам шкулта ĕçлекен учительница Абакумова, Чкаловски районĕнчи Тури Туçа вăтам шкулĕнчи учительница Стеклова тата Çĕмĕрле районĕнчи «Комбинат» колхоз членĕ Пыркова юлташсем хушшинче уйрăмах вăйлă кĕрешў пычĕ. Пыркова пуринчен те малтан чупса тухрĕ. Абакумовăпа Стеклова юлташсем, иккĕшĕ те 5 километра 24 минут та 10 секундра тухса, иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене пайларĕç.

Кировски поселокĕ çывăхĕнче слалом мелĕпе ăмăртса ярăнчĕç. Çав ăмăртура Улатăр районĕнчи «Красная звезда» колхоз членĕ Лабынина (вăл ялсенчи йĕлтĕрçĕсен РСФСР-ти ăмăртăвне хутшăннă) мала тухрĕ.

«Молния» спорт обществи катокĕ çинче конькипе ярăнакансен ăмăртăвĕ пулчĕ. Унта Етĕрне районĕнчи ялти библиотекăра ĕçлекен Левина юлташ мала тухрĕ. Арçынсем хушшинче конькипе ярăнса Çĕмĕрле районĕнчи «Большевик» колхоз членĕ Башкиров юлташ çĕнтерчĕ.

Йĕлтĕрпе 10 километр тата 30 километр чупмалли ăмăртусем те интереслĕ пулчĕç.

Васильев 30 километра 2 сехет те 9 минут та 07 секундра тухрĕ. Улангин иккĕмĕш вырăн, Романов — виççĕмĕш вырăн йышăнчĕç.

Хĕрарăмсем 10 километр хушши чупмалли ăмăртура Пыркова çĕнтерчĕ. Абакумова иккĕмĕш вырăн, Стеклова виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

Арçынсем слалом мелĕпе ярăнмалли ăмăртура Çĕмĕрле районĕн представителĕ Логин юлташ мала тухрĕ.

Икĕ дистанципе пĕрле илсен, конькипе ярăнмалли ăмăртура Левинăпа Башкиров юлташсем малти вырăнсене йышăнчĕç.

Çĕмĕрле районĕнчи «Большевик» колхоз членĕ Новиков трамплин çинчен сикмелли ăмăртура мала тухрĕ.

Командăсем енĕпе илсен, Чкаловски районĕн команди мала тухрĕ. Çĕмĕрлепе Етĕрне районĕсем иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене йышăнчĕç.

Çак спорт ăмăртăвне республикăри 12 районтан командăсем хутшăнмарĕç. Çĕрпў, Октябрьски, Куславкка, Советски, Пăрачкав тата ытти районсенче халĕ те спорт ĕçне тивĕçлипе хакламаççĕ.

Мала тухнă командăсене, уйрăм спортсменсемпе спортсменкăсене парнесемпе дипломсем панă.

### 35 ТИЛĔ ТЫТНА

ЧКАЛОВСКИ. Сталин ячĕпе тăракан колхозри 60 çула çитнĕ П. Алимесов колхозник çак хĕлте пурĕ 35 тилĕ тытнă. Вăл, «Заготживсырье» кантурне тилĕ тирĕсем парса укçа тата ытти тĕрлĕ таварсем чылай илнĕ.

Вăл 1947 çулта 106 тилĕ, 2 кашкăр, 1951 çулта 2 кашкăр, 25 тилĕ тытнă.

Алимесов колхозра та тăрăшса ĕçлет.

В. ИГНАТЬЕВ.

### Пысăк выляв

ОКТЯБРЬСКИ. ССР Союзĕн 1948 çулта кăларнă 2 процентлă государство заемĕн юлашки 10-мĕш вылявĕнче Молотов ячĕпе тăракан колхозри колхозница Евдокия Михайлова 10.000 тенкĕ выляса илнĕ.

В. АНДРЕЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.





# Вăрманти заводра

Йĕпреçрен Черноречински автоçулпа кайнă чухне вĕçĕ-хĕррисĕр машинăсем иртнине куратăн. Пĕрисем çине пĕренесем е вутă тиенĕ. Теприсем çинче—пĕр тикĕс çурса татнă кĕске хăмасем. Хыççăнах тюксем тиенĕ машина килет. Çўлте, тюксем çинче, хĕрсем ларса пыраççĕ. Илемлĕ юрă шăрантараççĕ вĕсем. Хĕллехи уяр кун вăрманта юрă инçене илтĕнет:

Тухрăм эпĕ Атăл хĕррине,
Итлемешкĕн çĕршыв юррине.
Шăратаççĕ çепĕç юрăсем
Кимĕ çинчи çамрăк хĕрĕсем.

— Пысăкăшĕ утă тюкĕ пекех, тĕсĕ шап-шурă, мĕн пулчĕ ку,—ыйтать пĕри тюксем тиенĕ машина иртсе кайсан.

— Тĕсĕ урăх, анчах утă пекех çемçе. Сава турпасси вăл. Пирĕн заводра туса хатĕрлеççĕ ăна. Хăмасем те пирĕн заводран. Халĕ станцине тиесе кайрĕç. Унтан чугун çул тăрăх тĕрлĕ вырăнсене ăраççĕ,—каласа парать пĕрле пыракан И. Евдокимов юлташ.

Çул çинчи юлташ хăйсен завочĕ, поселокĕ, унти çынсем çинчен каласа пынă вăхăтра çывăхрах завод гудокĕ вăрăммăн кăшкăртни илтĕнчĕ.

— Акă, Спотара заводне çитрĕмĕр. Рабочисем кăнтăрлахи апата тухрĕç,—терĕ вăл.

Поселок урамĕн икĕ енĕпе çĕнĕ те илемлĕ суртсем. Çўлĕ вырăнта завод цехĕсен çурчĕсем. Пырса кĕнĕ çĕрте завод коллективĕ мĕнле ĕçленине кăтартакан хисеп хăмисем. Кунта килекенсем çав хăмасем патĕнче чарăнса тăмасăр иртмеççĕ.

Кăтарту хăми çинче рабочисемпе работницăсем ĕç тухăçлăхне куллен ўстерсе пынине, завод иртнĕ çулхи плана срокчен чылай малтан ирттерсе тултарнине, кăçал та малтанхи кунран пуçласах хастарлă ĕçленине куратăн. Завод коллективĕ иртнĕ çулта ĕç тухăçлăхне 106 процент ўстерсе, планран иртерсе продукци нумай туса кăларнă.

Хисеп хăми çинче—паллă станочницăсен А. Мухина, П. Иваничева, А. Данилова, Е. Митрофанова, А. Мухин шофер, Г. Григорьев машинист, А. Петров электрик, П. Лебедев, А. Сачков токарьсен, В. Иванов тракторист, М. Андреева грузчица тата ытти вуншар рабочисемпе работницăсен портречĕсемпе ячĕсем.

— Вĕсем мĕнле ĕçленипе паллашма цехсене кайса курăпăр. Ĕçе лайăх пĕлекен хастарлă рабочисем,—терĕ парторганизаци секретарĕ И. Волков юлташ.

Пысăках мар цех. Токарнăй станок умĕнче П. Лебедев токарь. Завод пуçланнăранпа ĕçлет вăл кунта. Малтан пăчкă хăйракан пулнă. Вăл токарь ĕçне вĕренсе специальность илме тăрăшнă. Куллен вĕренет вăл, тĕрлĕ журналсем вулать, вĕреннине ĕçре туса пăхма тăрăшать. Пирĕн çĕршывра харпăр хăй тĕллĕн вĕренсе специальность илме пур майсем те çителĕклĕ. Часах П. Лебедев ăста токарь пулса тăрать.

— Токарь çеç мар, ăста рационализатор вăл пирĕн. Халиччен ытти хуласенчен хаклă тўлесе илсе килнĕ детальсене хăех туса хатĕрлет,—тет завод директорĕ Н. Бутров юлташ.—Акă, хăма çурмалли рамăн пĕр деталĕ. Иртнĕ çулсенче вăл çĕмĕрĕлнĕ пирки завод чарăнса тăни сахал мар пулнă. Халĕ ăна кунтах питĕ ăста туса хатĕрлетпĕр. Çакă пире укçа-тенкĕ



Токарь-рационализатор П. С. ЛЕБЕДЕВ.

нумай перекетлеме, завода пĕр чăрмавсăр ĕçлеттерме пулăшать.

П. Лебедев токарь хăй ĕçлекен цеха ĕç хатĕрĕсемпе пуянлатсах пырать. Ĕçре кирлĕ пулакан кашни детале перекетлеме, ĕç мелĕсене лайăхлатса пыма тăрăшать. Локомобиле шыв памалли насуса лайăхлатма паха сĕнў парать. Рационализаторла çак паха сĕнўшĕн ăна 300 тенкĕ укçа парса премилеççĕ, «СССР Суту-илў министерствин социализмлă ăмăрту отличникĕ» значок парса наградăлаççĕ.

— Павел Степанович, станок валли çĕнĕ сава кирлĕ,—ыйтать халĕ çеç пырса кĕнĕ Анна Данилова станочница.

П. Лебедев çĕнĕ сава илсе турпас тăвакан цеха васкать. Часах вăл савана вырнаçтарса лартать те станочница ĕçе тытăнать.

«Сава турпасси» тесен пĕрисем столярсем е платниксем саваласа тăвакан турпас тесе ăнланма пăхаççĕ. Завод кăларакан «турпас» кăпăшка та çемçе. Ăна хăватлă станоксемпе туса кăлараççĕ. Çак турпас час çĕмĕрĕлме пултаракан япаласене, пăсăлма пултаракан улма-çимĕçсене чĕркеме каять. Спотара завочĕ çакăн пек турпаса Тăван çĕршывăн тĕрлĕ хулисене уйăхсерен 25—30 вагон ăсатать.

Çак цехри кăткăс станоксемпе чăваш хĕрĕсем ĕçлеççĕ. Н. Мухина, А. Данилова станочницăпа ăмăртса ĕçлесе, сменăра 750 килограмм вырăнне 1.100—1.200-шер килограмм турпас туса кăларать.

— Завод пуçланнăранпа ĕçлет, пĕрремĕш станочница. Ĕç нормине тултарманни пĕр кун та пулман. Лайăх ĕçленĕшĕн темиçе хут та преми илме тивĕçлĕ пулнă,—каласа параççĕ ун çинчен заводра.

— Мартăн 8-мĕшне пĕрремĕш квартал планне тултарнипе кĕтсе илессишĕн ăмăртса ĕçлетпĕр,—хавасăн пĕлтерет станочница.

Хăма çуракан цехра, котельнăйра, техникăллă контроль уйрăмĕнче—пур çĕрте те хастарлă рабочисемпе работницăсене куратăн.

А. Сачков бракер хăма çурса татакансен ĕçне тĕрĕслет. Кашни татăк хăмана виçсе хакламалла унăн. Пĕр сменăра 9.200 хăмана виçсе пăхмалла. Вăл 17—18 пин хăма виçет. Ĕçре именсе тăмасть, тĕрĕс браклать, тўрлеттерет. Çавăнпа завод лайăх продукци кăна туса кăларать.

Завод виçĕ сменăпа ĕçлет. Кашни смена ĕçрен задание иртерсе тултарнипе тухать.

Коллектив иртнĕ çулхи задание иртерсе тултарнипе пĕрлех, продукцин хăйне ларакан хакне те чылай йўнетнĕ, планран иртерсе накоплени тума пулăшнă. Завод, СССР Суту-илў министерстви предприятийĕсен Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртăвне хутшăнса, икĕ çул умлă-хыçлă виççĕмĕш вырăна тухса преми илме тивĕçлĕ пулнă.

Темиçе çул каялла сĕм вăрман пулнă вырăнта ўссе ларнă завод коллективĕ хастарлă ĕçлет, канмалли вăхăта та культурăллă иртерет. Рабочисемпе работницăсем пысăк та çутă, ăшă общежитисенче пурăнаççĕ. Кашни хваттерте Ильич лампочки çутатать, радио калаçать. Рабочисен клубĕ, киностационар, пуян библиотека пур. Клубра художествăллă пултарулăх коллективĕсен концерчĕсемпе постановкисем пулаççĕ. Рабочисен ачисем валли ача яслисемпе сачĕсем усă.

Халĕ завод поселокĕнчи ĕçсыннисем вырăнти Советсен суйлавне тăрăшса хатĕрленеççĕ.—Ĕç тухăçлăхне ўстерсе пыни, Тăван çĕршыва планран иртерсе продукци пани—суйлав кунне хатĕрленĕ чи лайăх парне пулĕ,—теççĕ заводри рабочисем.

Н. МИНИН.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-90, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01225 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.